*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*




# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 10 (20143) ● Эрнекун, 1990 çулхи январĕн 12-мĕшĕ ● Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать ● Хакĕ 3 пус

## АМĂРТУРА МАЛТА ПЫРАÇÇĔ

МУРКАШ. «Сеятель» колхоз çулталăка сулмаклă ÿсĕмсемпе вĕçлерĕ, государствăна аш-какай, сĕт сутмалли çулталăкри плансене декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлнех 128—104 процент тултарнă. Çавăн пекех, сĕт, утă, пахчаçимĕç, витаминлă курăк çăнăхĕ сутассипе те аван ĕçленĕ.

Усă куранан кашни 100 гектар çĕр пуçне 140 центнер ытла аш-какай, пĕлтĕрхинчен 22 центнер нумайрах, 400 центнера яхăн сĕт туса илнĕ. Кашни ĕнерен 3 пин килограмм ытла, уйчченхи çулхинчен 145 килограмм нумайрах сĕт сунă. Доярккăсен социализмла ăмăртăвĕнче Çĕмĕртлĕх Чемей ферминчи З. Яружина çĕнтернĕ. Ва тартăва 3.800 килограмран иртнĕ. Çак фермăри З. Уткинапа Л. Шагерова иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене йышăннă.

Выльăх самăртакансем те ырă ята тивĕçлĕ. В. Андреева, Р. Сидорова самăртакан вăкăрсен ÿтхушăслăхĕ пысăк. Е. Быкова пăхакан сыснасем талăксерен 687-шер грамм ÿт хушаççĕ.

Выльăх апачĕ ытлă-çитлĕ хатĕрленĕ. Кашни условнăй выльăх пуçне 24 центнер апат единици тивет.

**А. ПЕТРОВ.**

## ÇИРĔП КОЛЛЕКТИВ

ЭЛЕК. «Динамо» колхозри доярккăсем районти ферма ĕçченĕсен социализмла ăмăртăвĕнче уйăхсерен малти вырăна йышăнаççĕ. Вĕсем иртнĕ çул кашни ĕнерен 3.600 килограмм сĕт суса илчĕç. Уйччĕнхи çулхипе танлаштарсан, кашни ĕнерен пилĕкçĕршер килограмм нумайрах сĕт сунă.

Раиса Владимирова кашни ĕнерен 4.035 килограмм, Раиса Николаева 3.932 килограмм суса илчĕç. Халĕ вĕсем куллен кашни ĕнерен вунă-вуникшер килограмм сăваççĕ. Р. Лекерева, А. Важорова доярккăсем те лайăх ĕçлеççĕ. Ферма заведующийĕ Н. Владимиров коллектива ответлăха туйса ĕртсе пырать, перекетлĕхпе пахалăхшăн кĕрешет.

**А. ОРЛОВ.**



Вăрнар районĕнчи «Малояушский» совхозра ятлă-сумлă механизаторсем сахал мар. Вĕсенчен пĕри—Федор Дмитриевич Дмитриев. Руль умĕнче—37 çул. Çак хушăра ăна тĕрлĕ маркăллă тракторсемпе ĕçлеме тивнĕ, пурне те тухăçлă ĕçлеттернĕ. Еçчен механизаторăн наградăсем те сахал мар.

● Ф. Дмитриев механизатор.

А. Алексеев фотоÿкерчĕкĕ.

«Коммунизм ялавĕ»-90

## *Умра—çулталăк, пысăк калаçу*

ХАÇАТА тимлесе вулакансем асăрхавă пулĕ: каçал «Коммунизм ялавĕ» 72 пин тиражпа тухать (пĕлтĕр — 70 пин). Таватă çул хушшинче тираж вунă пин экземпляр ытла ÿснĕ. Çакăнта, паллах, чи малтан уççăнлах витĕмĕ: пурнăçри çивĕч ыйтусем çинчен уççăнрах та çивĕчрех калаçма тытăнтăмăр — вулакансен йышĕ те ÿсме тытăнчĕ. Çапла вара тираж ÿснин тĕп сăлтавĕ — пирĕн улшăнса тăракан пурнăç. Çĕнĕ темăсем, çĕнĕ туйăмсем, çĕнĕ шухăшлав—çаксем кирек хăш хаçат тусĕсен шутне те ÿстерме пултараççĕ.

«Коммунизм ялавĕ» хаçата 1990 çул валли çырăнтарнин итогĕсемпе паллашăр-ха (экземплярпа):

| | |
|---|---|
| **Улатăр: район тата хула** | 461 |
| **Элĕк районĕ** | 3643 |
| **Патăрьел районĕ** | 5082 |
| **Вăрнар районĕ** | 4491 |
| **Йĕпреç районĕ** | 2262 |
| **Канаш: район тата хула** | 5675 |
| **Куславкка районĕ** | 1338 |
| **Комсомольски районĕ** | 3312 |
| **Красноармейски районĕ** | 3127 |
| **Хĕрлĕ Чутай районĕ** | 2424 |
| **Шупашкар районĕ** | 3754 |
| **Шупашкар хули** | 1397 |
| **Сĕнтĕрвăрри районĕ** | 2953 |
| **Муркаш районĕ** | 5287 |
| **Çĕнĕ Шупашкар хули** | 240 |
| **Вăрмар районĕ** | 4033 |
| **Çĕрпÿ районĕ** | 4523 |
| **Шăмăршă районĕ** | 1888 |
| **Çĕмĕрле районĕ** | 1382 |
| **Етĕрне районĕ** | 3541 |
| **Елчĕк районĕ** | 4791 |
| **Тăвай районĕ** | 2705 |
| **Парачкав районĕ** | 19 |
| **Пушкăрт АССРĕ** | 288 |
| **Ульяновск облаçĕ** | 170 |
| **Тутар АССРĕ** | 806 |
| **Мускав: хула тата область** | 50 |
| **Балтика тăрахĕ** | 10 |
| **Куйбышев облаçĕ** | 101 |

ÇАПЛА вара, хамăр республикăра хаçата 68072 экземпляр çыранна, ун тулашĕнче — 1882 (пĕтĕмпе — 69954). «Союзпечать» киоскĕсенче хаçат икĕ пин экземпляр сăланать.

Çакă куранать: хула чăвашĕсем чăвашла хаçат-журнал вуламаççĕ. Ахăртнех, кунта «атте-анне ачисем» хушшинчи хирĕç паллă пурри сиснет. Вĕсем пĕр-пĕрне ăнланмаççĕ, компромисс — çемье валли вырăсла хаçат çыранассине туйăнать. Республика тулашĕнче те çавах. Куюлать. Республика тулашĕнче те çавах. Кунта, паллах, ачасене ача сачĕсенчен, шкулсенчен пуçласа ашшĕ-амăшĕ, пурăнакан çĕршыв чĕлхине, культурине, йăли-йĕркине вĕрентме тытăнмасăр улшăну пуласси çинчен калаçма та çук.

Паллах, чăваш чĕлхин паянхи вырăнне «Коммунизм ялавне» 1990 çул валли çырăнтарнин итогĕсенчен çеç мар куратпăр. Анчах пур-

çав территорире пурăнакан халăх хăй палăртать. Нивушлĕ уса курмапăр çак майпа?

«Коммунизм ялавне» вулакан пысак йыш вăл — республикăри чăваш районĕсем. Тираж ÿснĕ май, ялăн пĕр вĕçĕнчен тепĕр вĕçне кашни кун утса тухакан почтальонсен сумкисем йывăрланса пынине туятпăр. Почтальон вара ялан тенĕ пекех — хĕрарăм. Çулĕ яланах такăр пулсан аванччĕ. Çук-çке! Кĕркунне пылчăк ашмалла, хĕлле — юр хĕвет. Çăмăл мар! «Коммунизм ялавне» вулакансем патне кашни çул ытларах та ытларах илсе çитерекен почтальонсене паян хаçат урлă тав тăвас килет. Нумай вĕсем. Пурин ятне асанса çитерейместпĕр. Акă, Муркаш районĕнчи В. Авдеева «Коммунизм ялавне» пĕлтĕрхипе танлаштарсан 148 процент çырăнтарнă. Муркаш — республикăри чи пысăк районах мар. Çапах пирĕн вулакансем йышлă кунта. Кунти «Союзпечать» уйрамĕ, унăн начальникĕ Г. Гордеева уйрăмах тав сăмахне тивĕçлĕ. Муркашра çеç мар, ытти çĕрте те нумай ун йышшисем. Комсомольски районĕнчи Йăлмахвари Р. Филиппова, Хирти Сĕнтĕрти Ю. Федорова, Красноармейски районĕнчи Карайри С. Любимова, Патăрьелĕнчи Кивĕ Ахпÿртри Л. Тенюкова тата ыттисем те, тата ытти çĕрте те.

ЮЛАШКИ вăхăтра республика тулашĕнче те йышланчĕç хаçат тусĕсем. Чăвашлăха çухатма тытăннă йăхташсенче чăвашлăх тепĕр хут вăранать пулас. Çак йĕркесене çырнă май эпĕ республикăри «Союзпечате» кĕтĕм. «Коммунизм ялавне» хăш енче пурăнакан чăвашсем çырăннине пĕлес килчĕ. Аçтан кăна килмен пулĕ заказсем! Владивосток та Рига, Ашхабад та Мурманск... Таçтан та пур! Савантăм та, хĕпĕртерĕм те çав чăвашсемшĕн. «Коммунизм ялавне» çырăннăшăн кăна мар. тăван сăмахран, тăван культурăран пăч уйрăлса кайманшăн, мĕншĕн тесен чăвашсен тĕп хаçатне çырăнни хăех çакна кăтартса паракан палласенчен пĕри. Халĕ «Коммунизм ялавĕн» республика тулашĕнче вулакансем çеç мар, активлă çырса тăракансем те йышланса пыраççĕ. Акă, Пушкăртран А. Савельевпа Б. Тихонов педагогсем, Н. Леонтьев журналист, Б. Павлов инжецер, Р. Рамазанов журналист, Ташкентран Л. Данилова ученăй тата ыттисем те. Республика тулашĕнчи [illegible] сенче сăмах ытларах тăван чĕлхе, культура çинчен пырать. [illegible] ишме çăмал, çĕнерен çĕкленме [illegible] тăрăх хаçатăн

СОЦИОЛОГСЕМ калана тăрăх, хаçатăн кашни номерне 2—3 çын вулать. Çапла вара, çак самахсене эпир «Коммунизм ялавне» вулакан 150—200 пин çын пирки калама пултаратпăр. Умра пирĕн — çулталăк. Пысăк калаçу. Хаçат интереслĕ, вулакансем усăллă пуласси сирĕнтен те нумай килет. Çапла туса пуласси сирĕнтен те нумай килет. Çырăр, кĕрсе тусирĕн çыравăрсем пулăшĕç. Çырăр, кĕрсе тухăр редакцие. Чăвашсен тĕп хаçачĕ сире валах таравать. Эпир вара, редакцинче ĕçлекенсем, ăна лайăхрах каларас, пурнăçри çивĕч ыйтусене тарăнрах хускатас тĕлĕшпе хамăр пĕтĕмпех тăвапăр.

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Январĕн 9-мĕшĕнче 888-мĕш Калинин территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта РСФСР халăх депутатне суйлама çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Галина Афанасьевна **Белова**, 1946 çулта çуралнă, Шупашкарти СССР 60 çул тултарнă-ятпа хисепленекен пир-авăр комбиначĕн главнăй бухгалтерĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

Олег Александрович **Волков**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

Илья Васильевич **Григорьев**, 1946 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат заводĕнчи сталевар, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

Зуфер Галиахметович **Зарифуллин**, 1960 [illegible]

[illegible] **Колосов**, 1938 çулта çуралнă, «Текстильмаш» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти машинăсем тăвакан завочĕн 3-мĕш автомат-револьвер цехĕнчи наладчик, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

Ханиф Хайдарович **Мингазов**, 1942 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

Юрий Викторович **Сидорчев**, 1953 çулта çуралнă, Шупашкарти водопроводпа канализаци хуçалăхĕн производство управленийĕн тасатакан водопровод сооруженийĕсен начальникĕ [illegible]

Раиса Александровна **Шмуллина**, 1943 çулта çуралнă, Шупашкарти 57-мĕш вăтам шкул директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**13-мĕш Эгер суйлав округĕ**

Нина Дмитриевна **Самойлова**, 1943 çулта çуралнă, Шупашкарти «Промприбор» производство пĕрлешĕвĕн контролерĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**19-мĕш Çĕнĕ Лапсар суйлав округĕ**

Порфирий Васильевич **Афанасьев**, 1942 çулта çуралнă, Чăваш АССР Писательсен союзĕн правленийĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**37-мĕш Бичурин суйлав округĕ**

[illegible] членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**44-мĕш Лебедев суйлав округĕ**

Алексей Васильевич **Иванов**, 1941 çулта çуралнă, «Чувашстрой» строительство пĕрлешĕвĕн промышленность предприятийĕсемпе капитальнăй строительство управленийĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Глеб Андреевич **Ильенко**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти приборсем тăвакан завод директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Галина Васильевна **Пансkова**, 1940 çулта çуралнă, учительсен пĕлĕвне ÿстерекен институт методисчĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**46-мĕш Мускав** [illegible]

Валерия Николаевна **Степанова**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти строительсем хатĕрлекен техникум преподавателĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**52-мĕш Уруков суйлав округĕ**

Лев Пантелеймонович **Кураков**, 1943 çулта çуралнă, Чăваш государство университечĕн кафедра заведующийĕ, экономика факультечĕн деканĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Вячеслав Александрович **Тимофеев**, 1950 çулта çуралнă, электростанцисемпе электротехника промышленноçĕнче ĕçлекенсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн Чăваш АССРĕ тăрăх ĕçлекен доверннăй врачĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Январĕн 9-мĕшĕнче 888-мĕш Калинин территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта РСФСР халăх депутатне суйлама çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Галина Афанасьевна **Белова**, 1946 çулта çуралнă, Шупашкарти СССР 60 çул[illegible] тултарнă-ятпа хисепленекен [illegible] комбиначĕн главнăй бухгалтерĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Олег Александрович **Волков**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Илья Васильевич **Григорьев**, 1946 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат заводĕнчи сталевар, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Зефер Галнахметович **Зарифуллов**, 1960 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат заводĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Виктор Григорьевич **Колапов**, 1938 çулта çуралнă, «Текстильмаш» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти машинăсем тăвакан завочĕн 3-мĕш автомат-револьвер цехĕнчи наладчик, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Ханиф Хайдарович **Мингазов**, 1942 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Юрий Викторович **Сидорчев**, 1953 çулта çуралнă, Шупашкарти водопроводпа канализаци хуçалăхĕн производство управленийĕн тасатакан водопровод сооруженийĕсен начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

Çавăн пекех халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсен доверениăйĕсене регистрациленĕ.

**ОКРУГРИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.**

• • •

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**9-мĕш Заводской суйлав округĕ**

Валерий Николаевич **Абрамов**, 1959 çулта çуралнă, Шупашкарти «Промприбор» производство пĕрлешĕвĕнчи токарь-расточник, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Виталий Ефимович **Першев**, 1949 çулта çуралнă, республикăри производство кооперативĕсен «Чувашия» ассоциацийĕн директорĕн ĕçсене туса пырать, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Раиса Александровна **Шмуллина**, 1943 çулта çуралнă, Шупашкарти 57-мĕш вăтам шкул директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**13-мĕш Эгер суйлав округĕ**

Нина Дмитриевна **Самойлова**, 1943 çулта çуралнă, Шупашкарти «Промприбор» производство пĕрлешĕвĕн контролерĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**19-мĕш Çĕнĕ Лапсар суйлав округĕ**

Порфирий Васильевич **Афанасьев**, 1942 çулта çуралнă, Чăваш АССР Писательсен союзĕн правленийĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**37-мĕш Бичурин суйлав округĕ**

Петр Игнатьевич **Андрейченко**, 1924 çулта çуралнă, Калинин районĕнчи ĕçпе вăрçă ветеранĕсен совечĕн председателĕ, пенсионер, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Леонид Семенович **Семенов**, 1930 çулта çуралнă, Пĕтĕм Российăри куç курманнисен обществин Чăваш республикинчи правленийĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

Шавкат Усманович **Тухватуллин**, 1941 çулта çуралнă, Пĕтĕм Российăри куç курманнисен обществин республикăри «Энергия» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти вĕрентÿпе производство предприятийĕн производство начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**44-мĕш Лебедев суйлав округĕ**

Алексей Васильевич **Иванов**, 1941 çулта çуралнă, «Чувашстрой» строительство пĕрлешĕвĕн промышленность предприятийĕсемпе капитальнăй строительство управленийĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Глеб Андреевич **Ильенко**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти приборсем тăвакан завод директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Галина Васильевна **Панскова**, 1940 çулта çуралнă, учительсен пĕлĕвне ÿстерекен институт методисчĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**46-мĕш Мускав суйлав округĕ**

Алексей Андреевич **Ананьев**, 1952 çулта çуралнă, Шупашкарти приборсем тăвакан заводри ДОСААФ комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Александр Петрович **Федотов**, 1948 çулта çуралнă, КПСС Мускав район комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**51-мĕш Строительнăй суйлав округĕ**

Валентина Владимировна **Галян**, 1946 çулта çуралнă, Шупашкарти Ф. П. Павлов ячĕпе хисепленекен музыка училищин преподавателĕ, КПСС членĕн кандидачĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валерия Николаевна **Степанова**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти строительсем хатĕрлекен техникум преподавателĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**52-мĕш Уруков суйлав округĕ**

Лев Пантелеймонович **Куракин**, 1943 çулта çуралнă, Чăваш государство университечĕн кафедра заведующийĕ, экономика факультечĕн деканĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Вячеслав Александрович **Тимофеев**, 1950 çулта çуралнă, электростанцисемпе электротехника промышленноçĕнче ĕçлекенсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн Чăваш АССРĕ тăрах ĕçлекен доверениăй врачĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**58-мĕш Кăнтăр-хĕвелапăç суйлав округĕ**

Елена Игнатьевна **Бадаева**, 1946 çулта çуралнă, Шупашкарти 1-мĕш çăкăр завочĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Осипович **Федоров**, 1960 çулта çуралнă, Шупашкар хулинчи çăмракă сен çурт-йĕр тăвакан комплексĕн организациллĕ комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Юрий Прокопьевич **Федоров**, 1957 çулта çуралнă, Шупашкар хулинчи çурт-йĕр тытса тăракан производство пĕрлешĕвĕн 7-мĕш управленийĕн мастерĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

| | |
|---|---|
| Шамăрша районĕ | 1888 |
| Çĕмĕрле районĕ | 1382 |
| Етĕрне районĕ | 3541 |
| Елчĕк районĕ | 4791 |
| Тăвай районĕ | 2705 |
| Парачкав районĕ | 19 |
| Пушкăрт АССРĕ | 288 |
| Ульяновск облаçĕ | 170 |
| Тутар АССРĕ | 806 |
| Мускав: хула тата область | 50 |
| Балтика тăрăхĕ | 10 |
| Куйбышев облаçĕ | 161 |

ÇАПЛА вара, хамăр республикăра хаçата 68672 экземпляр çырăнни, [illegible] тулашĕнче [illegible] сенче хаçат икĕ пин экземпляр салапать.

Çака курăнать: хула чăвашĕсем чăвашла хаçат-журнал вуламаççĕ. Ахăртнех, кунта «ашшĕсемпе ачисем» хушшинчи хирĕçÿ палли пурри туйăнать. Вĕсем пĕр-пĕрне ăнланмаççĕ, компромисс — çемье валли вырăсла хаçат çырăнасси юлать. Республика тулашĕнче те çавах. Кунта, паллах, ачасене ача сачĕсенчен, шкулсенчен пуçласа ашшĕ-амăшĕ, пурăнакан çĕршыв чĕлхине, культурине, йăли-йĕркине вĕрентме тытăнмасăр улшăну пуласси çинчен калаçма та çук.

Паллах, чăваш чĕлхин паянхи вырăнне «Коммунизм ялавне» 1990 çул валли çырăннин итогĕсенчен çеç мар куратпăр. Анчах пурте вĕсем çакăн çинчен аса илтерсех тăраççĕ: пирĕн хамăра пана майсемпе усă курма пĕлмелле. Сăмахран халĕ хăй чĕлхин статусне

[illegible] республикăри «Союзпечать» кĕтĕм, «Коммунизм ялавне» хăш енче пурăнакан чăвашсем çырăннине пĕлес килчĕ. Аçтан кăна килмен пулĕ заказсем! Владивосток та Рига, Ашхабад та Мурманск... Таçтан та пур! Савăнтăм та, хĕпĕртерĕм те çав чăвашсемшĕн. «Коммунизм ялавне» çырăнакансем кăна мар, тăван сăмахран, тăван культурăран пач уйăрлса кайманшăн, мĕншĕн тесен чăвашсен тĕп хаçатне çырăнни хăех çакна кăтартса паракан палласенчен пĕри. Халĕ «Коммунизм ялавĕ» республика тулашĕнче вулакансем çеç мар, активлă çырса тăракансем те йышланса пыраççĕ. Акă, Пушкăртран А. Савельева Б. Тихонов педагогсем, И. Леонтьев журналист, Б. Павлов инженер, Р. Рамазанов журналист[illegible]сем те. Республика тулашĕнчен килекен çырусенче сăмах ытларах тăван чĕлхе, культура çинчен пырать. Чăнах, туса лартнă çурта ватса ишме çăмăл, çĕнĕрен çĕклеме ай-яй йывăр.

СОЦИОЛОГСЕМ калавă тăрăх, хаçатăн кашни номерне 2—3 çын вулать. Çапла вара, çак сăмахсене эпир «Коммунизм ялавне» вулакан 150—200 пин çын пирки калама пултаратпăр. Умра пирĕн — çулталăк. Пысăк калаçу. Хаçат интереслĕ, вулаканшăн усăлла пуласси сирĕнтен те нумай килет. Çапла тума сирĕн çыравăрсем пулăшĕç. Çырăр, кĕрсе тухăр редакцие. Чăвашсен тĕп хаçачĕ сире вулавах тăравать. Эпир вара, редакцире ĕçлекенсем, ăна лайăхрах каларас, пуриăçри çивĕч ыйтусене тăрăнрах хускатас тĕлĕшпе хамăртан мĕн килнине пĕтĕмпех тăвăпăр.

**В. ВАДИМОВ.**

## УÇĂ КОСМОСА ТУХНĂ

**ВĔÇЕВЕ ЙĔРКЕЛЕСЕ ТĂРАКАН ЦЕНТР, (ТАСС). «Мир» наука-тĕпчев комплексĕн вĕçев программипе килĕшÿллĕн Александр Викторенко тата Александр Серебров уçă тĕнче уçлăхне тухса кĕнĕ. Уçă космоса тухнин тĕп тĕллевĕ çăлтăрсене виçмелли икĕ датчика вырнаçтарасси пулнă. Вĕсем комплекса татах та тĕрĕсрех ироентациleme кирлĕ.**

**Январĕн 8-мĕшĕнче Мускав вăхăтĕпе 23 сехет те 23 минутра космонавтсем карапăн куçмалли отсекĕн çиелти люкне уçнă та станцин тулаш енне тухнă.**

**Оборудование тата монтаж тума кирлĕ инструментсене экипаж «Квант» астрофизика модулĕн наука приборĕсен отсекĕнче иртерме палăртнă ĕçсен зонине куçарнă. Космонавтсем çăлтăр датчикĕсене штатпа палăртнă вырăнсене вырнаçтарнă, унтан вĕсене ортитăри комплексăн борт çинчи автоматикин пĕтĕмĕшле контурĕпе çыхăнтарнă.**

**Станцин тулаш енчен командирпа борт-инженер уçă космос условийĕсенче нумай вăхăт хушши çакăнсь тăнă тĕрлĕ материалсен тĕслĕхĕсене пуххса илнĕ.**

**Палăртнă ĕçсене вĕçленĕ хыççăн космонавтсем станци пÿлĕмне таврăннă. Экипаж уçă космосра пĕтĕмпе 2 сехет те 56 минут пулнă.**

**Александр Викторенко тата Александр Серебров сывлăхĕ лайăх, вĕсем хăйсене аван туяççĕ.**

## Суйлавçăсене пĕлсе тăма

**Январĕн 16-мĕшĕнче 14 сехетре хула Совечĕн Пысăк залĕнче çирĕм пĕрремĕш суйлаври Шупашкар хула Совечĕн халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсене регистрацилес тĕлĕшпе суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулать.**

**Суйлавçăсене, халăх депутатне суйлама кандидатсем тăратнă ĕç коллективĕсемпе общество организацийĕсен представителĕсене, республикăри хаçатсен, нумай тиражлă хаçатсен, радиопа телевидени представителĕсене ларăва хутшăнма чĕнетпĕр.**

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.**

## ТĔЛПУЛĂВА ЧĔНЕТПĔР

**1990 çулхи январĕн 13-мĕшĕнче 9 сехетре Калинин райĕçтăвкомĕн Пысăк залĕнче («50 лет Октября» урам, 10-а) РСФСР, Чăваш АССР тата Калинин район Совечĕн халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсем районти парти тата совет органĕсен руководителĕсемпе тĕл пулаççĕ.**

**КАЛИНИН РАЙОНĔНЧИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.**

## ХИСЕПЛĔ ЯТ ПАНĂ

РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн 1990 çулхи январĕн 10-мĕшĕнче кăларнă Указĕпе килĕшÿллĕн строительствăри тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн тата нумай çул хушши тÿрĕ кăмăлпа ĕçленĕшĕн пирĕн республикăри çак юлташсене **«РСФСР тава тивĕçлĕ строителĕ»** хисеплĕ ят панă:

Виталий Васильевич **Васильева** — Çĕнĕ Шупашкарти строительство материалĕсен заводĕнчи слесарь-юсавçăсен бригадирне.

Римма Кирилловна **Кирилловăна** — Йĕпреçри кирпĕч заводĕнчи садчика.

Раиса Семеновна **Чеснокована** — Пăрачкаври кирпĕч заводĕнчи садчика.

Владимир Ильич **Чимрова** — Çĕмĕрлери кирпĕч заводĕнчи слесарь-юсавçăна.

Семен Давыдович **Шипилевские** — «Чувашстройматериалы» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорне.

## Ăшшăн саламлатпăр!

Пичетре нумай çул хушши анăçлă ĕçленĕшĕн, общество пурнăçне активлă хутшăннашăн Николай Константинович Скворцова — Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ» хаçатăн фотокорреспондентне — СССР Журналистсен союзĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

*Вулакан шухăшĕ*

# ÇĔНĔ ВĂЙ КĔТĔР

Магазина кайсан çур çăкăр та, унăн чĕреккине те туянма пулать. Пурпĕрех «çăкăр илнĕ», тетпĕр. Савăн пекех хуçалăх расчечĕ те. Ăна та татăк-татăк тума май килет. Унăн уйрăм енĕсемпе ытларах бригадăсемпе цехсенче усă кураççĕ. Предприятире çурма е пĕтĕмĕшле хуçалăх расчетне те йĕркелеме пулать. Анчах мĕн тери анлăрах та тарăнрах йĕркеленине пăхмасăрах, хуçалăх расчечĕпе ĕçлени çинчен пĕлтереççĕ.

Ĕç çине çавăн пек çиелтен пăхнине пула ĕнтĕ пилĕкçуллăхран пилĕкçуллăха хуçалăх расчечĕпе ĕçлессине планлаççĕ, ку ĕçе «тарăнлатаççĕ тата анлăлатаççĕ», анчах чăн-чăн хуçалла ĕçлемелли условисене туса çитерейменççĕ.

Малтанах хуçалăх расчечĕ çинчен именерех, вăтанарах калаçатчĕç, мĕншĕн тесен ку ăнлав кивĕ самаран куçса килнĕскер, тен, хуçапа пуянлăха аса илтеретчĕ пулĕ. Хуçасемпе вĕсен пуянлăхне пĕтернĕ çĕршывра ĕçе планлă йĕркепе туни лайăххрах шутланнă. Пирĕн пурнăçра план пур енчен те малти вырăна тухса çирĕпленчĕ: социализм тапхăрĕнче производствăна тупăшла та, тăкаклă та планлама пулать, тетчĕç. Çÿлтен, Мускавран, пĕтĕм çĕршыва çавăн пек плансемпе ĕçлеме вĕрентсе пычĕç. Производство пĕтĕмĕшпе тăкаклă пулсан та уйрăм ĕçе лайăхлатнăшăн премие те паратчĕç.

Çук, пурнăç ку йĕркене йышăнмарĕ, сивлерĕ. Юлашки вăхăтра хуçалăх расчетне шута илмесĕр планласине пăрахăçларĕç, хуçалăх расчетне предприятисенчен пуçласа союзлă тата автономиллĕ республикăсем тарănах йĕркелеме кирлине палăртрĕç. Çапах та ку ĕçе хăвăртлатма май çук, мĕншĕн тесен çĕршывра тивĕçлĕ условисене хатĕрлесе çитерменха. Ку — кăткăс та йывăр ыйту. Апла пулин те, хуçалăх расчетне тĕпе хурса ĕçлеме кирлипе ăнланни — çĕнетĕвĕн ырă тĕслĕхĕ.

Халĕ пурин те çакна лайăх ăнланмалла: ăçта-ха хуçалăх расчечĕн тĕп пĕлтерĕшĕ?

Ахальтенех мар ку сăмаха çакăртан пуçларăмăр. Çăкăрпа хуçалăх расчечĕ питĕ тачă çыхăнса тăраççĕ. Хуçалăх расчетне никам та шухăшласа кăларман, вăл хăйне-хăй çын пурнăçĕнче йĕркеленсе аталанса пынă, этем унсăр пурăнма та пултарайман. Çавăнпа та пирĕн вăхăтра хуçалăх расчетне тăрăнăн шута илмесĕр планланă хуçалăх йывăр вăхăта çитсе иртерет.

Производствăра чăн-чăн хуçалăх расчетне йĕркелемелли, предприяти хăй тĕллĕн тата хăйсаплавлăхпа хăйтÿлевлĕх принципĕсемпе ĕçлемелли условисене туса ситерейменха. Чи кăткăс та йывăр ыйту — халăха апатçимĕçпе тивĕçтересси. Йышăнма тивет: Апат-çимĕç программи пурнăçланса çитеймерĕ. Тĕп сăлтавĕ — çĕршывра хуçалăх расчетне кирлĕ пек йĕркелеменни, унăн тĕп ыйтăвĕсене татса паманни.

Хамăр республика тĕслĕхне илĕпĕр. Колхозсемпе совхозсем аталанма пуçласанах сĕр ĕçченне тара кĕрешсе ĕçлекен туса хучĕç. Сăмахпа хресчен пĕтĕм пурлăхпа хуçаланнă пек кăтартнă, чăннипе государствăпа администраци аппарачĕ пурне те хушса-вĕрентсе тăнă. Пушă ĕçкунĕсемшĕн çеç ĕçлени хресченĕн шухăш-кăмăлне тĕп турĕ. Ялхуçалăхĕнчен ытларах илсе ăна хăйне сахалтарах пама тăрăшни те усăнах палăрма пуçларĕ. Ялхуçалăхĕнче ĕç тухăслăхĕ пĕр вырăнтах тăрать. Халĕ те ялсене пулăшу пама кирли ытларах хутпа сăмах çинче çеç. Чăннипе ку ĕçе пикенсе тытăнни ситмест-ха. Татăклă улшăну тумасан, каллех хресчене ултлани пулать, вăл ун çинчен усăнах каламасть пулин те, питĕ лайăх ăнланать. Пурнăç вĕрентет. Лайăхпа усал хире-хирĕç тенĕ пек, ял сынни те çÿлтисем унпа мĕнле тыткаланине кура хăй ăнланнă пек тавăрать — тăрăшса ĕçлемест. Çавăнпа халлĕхе апат-çимĕç çитмест те.

Çакăн пек лару-тăрура СССР халăх депутачĕсем тăрăшсах халăх пурнăçне лайăхлатмалли çул-йĕрсем шыраççĕ. Арендăпа харпăрлăх çинчен çивĕч калаçу пырать. Ку ялти ĕçченсене те тÿрех пырса тивет. Ял çынни çĕр çинче ĕçлесе çеç хăйĕн пурлăхне ÿстерсе пурнăçне лайăхлатма пултарать, çавăнпа та çĕр çинче мĕнле меслетсемпе ĕçлесси — уншăн чи пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйту. Çĕре арендăна илсе ĕçлесси питех саралмасть-ха. Кĕске вăхăтлăха çав йĕрке çине куçнисене чăн-чăн арендаторсем теме çук.

Мĕн кирлĕ-ха хресчене? Ĕреклĕх, хăйтĕллĕнлĕх, хисеплени. Ялхуçалăх ĕçĕсене тума кирлĕ машинăсем. Лайăх çул-йĕр. Кил-çурт çавăрма строительство материалĕсем, пÿртне ăшăтса пурăнма — вутă-шанкă е газ. Тупса пама пулать-и çаксене? Нумай вăхăт хушши хресчене хитре те çыпăçулла тĕрле программăсемпе илĕртсе усрана. Вăл та пулать, ку та пулать, тесе. Анчах сăмаха ĕçпе çирĕплетсе пыман. Çакă вара хресчен ĕненÿлĕхне пĕтерсе хучĕ. Ял умĕнчи парăма тавăрса памаллах, хресчене пулăшмалах. Унсăрăн пурнăç ăнăçмĕ. Кирлĕ ĕçсене тума Мускава шанса лармалла мар, республикăри тата вырăнти партипе совет органĕсен те ĕç тума пулать. Паянлăха çав органсенче ĕçлекенсен пуçарулăхĕпе тăрăшулăхĕ çитеĕклĕ теме çук-ха.

Арендăран хăраса лармалла мар, пуçаруллăрах пулса, ĕçе хастарлăрах хутшăнмалла, чăн-чăн хуçалла ĕçлемелле. Пилĕк çул каялла никам та шухăшламан-тĕлленмен паянхи улшăнусене. Халлĕхе çĕр ĕçченне хăшпĕр енчен килĕшменнисене пурнăç улăштарма хушĕ, вара сĕм авалтан çĕр ĕçĕнче çуралнă хуçалăх расчечĕ, тепĕр хут çĕнĕлле аталанса, халăха ытлăн-ситлĕн апат-çимĕç пама пултарĕ. Хуçалăх расчечĕн тĕп тымарĕ — çĕр ĕçченĕнчех! Çав тымара чĕртсе ярасчĕ.

**В. ПОИМАКОВ,**
**экономист.**

## НОМЕРТЕ:

# ШАНЧӐКЛӐ ҪУЛ

**1990 ҫул республикӑн социаллӑ пурнӑҫӗпе экономика аталанӑвӗнче уйрӑмах паллӑ вырӑн йышӑнать. Вунниккӗмӗш пилӗк ҫуллӑх планра палӑртнӑ заданисене пӗтӗмпех пурнӑҫламалла, КПСС XXVIII съездне, В. И. Ленин ҫуралнӑранпа 120 ҫул, Чӑваш автономине туса хунӑранпа 70 ҫул ҫитнине тивӗҫлипе паллӑ тумалла.**

**Есри ӳсӗмсен никӗсӗ — наука-техника прогресне пур майсемпе те хӑвӑртлатни. Ку енӗпе республикӑра ӗҫсем мӗнле пыраҫҫӗ, кӑҫал мӗнле ыйтусем ҫине тимлӗрех пӑхмалла! Ҫакӑн ҫинчен Чӑваш АССР Госпланӗн председателӗн заместителӗ, редакцин обществӑлла совечӗн членӗ Н. В. АЛЕКСЕЕВ каласа парать.**

— Ҫӗршывра ҫӗнетӳ тапхӑрӗ пуҫланнӑранпа пилӗк ҫул ҫитет ӗнтӗ. Ҫак хушӑра халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене тӗпренех ҫӗнӗ никӗс ҫинче аталантармалли ҫул-йӗре уҫӑмлӑн палӑртнӑ, нумай вӑхӑтлӑх, тӗллевлӗ программӑсем йышӑннӑ. Вӗсенчен чи палли — наука-техника прогресне хӑвӑртлатмалли программа. Ансӑртран мар ӗнтӗ партипе правительство пуринчен малтан ку енӗпе пурнӑҫламалли ӗссене тӗплӗн кӑтартса парӗҫ.

Ҫакӑнпа килӗшӳллӗн, КПСС обкомӗпе Чӑваш АССР Министрсен Совечӗ 1986 ҫулхи августра республикӑн 1986—1990 ҫулсенчи тата 2000 ҫулччен наука-техника прогресӗн комплекслӑ программине ҫирӗплетнӗ. Хуласемпе районсенче, предприятисемпе организацисенче, колхозсемпе совхозсенче те мероприятисен планӗ пур, — терӗ Н. В. Алексеев. — Вунниккӗмӗш пилӗкҫуллӑх ҫав программӑна пурнӑҫлас тӗлӗшпе уйрӑмах ответлӑ тапхӑр пулса тӑрать.

Кунта комплекслӑ программӑн тӗп тӗллевӗсене аса илни вырӑнлӑ пулӗ. Вӑл республикӑн социаллӑ пурнӑҫӗпе экономикине малалла аталантармалли малашлӑхра паллӑ вырӑн йышӑнать. Наука тӗпчев, опытпа конструкци ӗҫӗсен калӑпӑшне ҫак пилӗкҫуллӑхра 21 процент, 2000 ҫулччен — пӗр хут ҫурӑ пысӑклатмалла. Ҫак хушӑра промышленность предприятийӗсенче 3,5 пин единица ҫӗнӗ оборудовани вырнаҫтарса лартмалла, программӑпа ӗҫлекен станоксен хисепне икӗ хут ӳстермелле. Автоматла йӗркепе ӗҫлекен, программӑпа тытса пыракан линисем, меллӗ производство комплексӗсем нумайланаҫҫӗ. Лазер, плазма, электрохими меслечӗсем индустри отраслӗсенче анлӑ сарӑлаҫҫӗ. 19 производство пӗрлешӗвӗпе предприятире каяшсӑр технологисене ӗҫе кӗртме палӑртнӑ.

Асӑннӑ тата ытти мероприятисене пурнӑҫлани промышленность производствин калӑпӑшне, 1985 ҫулхипе танлаштарсан, 1990 ҫулта — 42 процент, 2000 ҫул тӗлне 2,1 хут пысӑклатма май парать.

**— Николай Васильевич, пилӗкҫуллӑхӑн тӑватӑ ҫулӗ вӗҫленнӗ май, хӑшпӗр итогсене тума пулать пулӗ.**

— Шутласа пӑхӑпӑр. Акӑ процент вырӑнне 19,5 процент ӳснӗ. Машинӑсем тӑвакан отрасльсенче 1985 ҫулта продукци номенклатурине 0,8 процент ҫӗнетнӗ пулсан, 1988 ҫулта ҫак кӑтарту 3,8 процент пулнӑ. Пилӗкҫуллӑх пуҫланнӑранпа ҫӗнӗрен 360 изделин туса кӑларма тытӑннӑ.

Ҫак тӗслӗхсем наука-техника прогресӗ ҫине чылай тимлӗрех пӑхни ҫинчен калаҫҫӗ. 1985 ҫулта ҫак ӗс валли пӗтӗм укса-тенкӗн 36,6 процентне уйӑрнӑ пулсан, 1988 ҫулта 50 процентне уйӑрса панӑ. Висӗ ҫул хушшинче предприятисенче ку чухнехи пысӑк тухӑҫлӑ оборудовани 1606 единица вырнаҫтарса лартнӑ, ҫав шутран 27,3 проценчӗ — программӑпа ӗҫлекен станоксем. Цифрӑсем самаях ҫулӑмлӑ темелле, программӑпа палӑртнӑ ӗҫсем, тӗпрен илсен, пурнӑҫланса пыраҫҫӗ. Ҫапах та лару-тӑру кӑткӑс. Халлӗхе наукӑпа техникӑна аталантарма хывнӑ кашни пӗр тенкӗ пуҫне таса тупӑш 31 пус кӑна илеҫҫӗ-ха.

1989 ҫул итогӗсене малтанлӑха пӑхса тухсан, мӗн куратпӑр-ха? 53 предприятипе пӗрлешӳре продукци калӑпӑшӗ кирлӗ пек пысӑкланман, 25 изделин енӗпе плана тултармасӑр хӑварнӑ, ҫулталӑкӑн пӗр уйӑхӗнче те фурфурол, тир-сӑран экстракчӗ, пӗчӗк вольтлӑ электроаппаратура, ҫӑмӑл промышленность валли технологи оборудованийӗ, тракторсемпе бульдозерсем туса кӑлармалли, ҫӑмӑл автомобильсем юсамалли задание пурнӑҫа кӗртмен. Ҫакӑн сӑлтавӗсенчен пӗри — производствӑна ҫӗнетсе пымалли майсемпе пит͡ӗ ҫителӗксӗр усӑ курни.

**— Халӗ ӗҫ коллективӗсем тулли хуҫалӑх расчечӗ, хӑйтӳлевлӗх ҫине куҫнӑ тата республика хӑй тӗллӗнлӗхне ӗҫе кӗртме хатӗрленнӗ май наукӑпа техника ҫитӗнӗвӗсемпе усӑ курасси тӗп вырӑнта тӑмалла. Унсӑрӑн малашне тата йывӑр килмӗ-и?**

— Тӗрӗс. Наука-техника прогресне кирек хӑш предприятипе организацин кулленхи ӗҫӗнчен уйӑрма ҫук. Ҫӑннипе илсен, вӑл мӗнпур ыйтусене ӑнӑҫлӑрах татса памалли шанчӑклӑ ҫул-йӗр пулса тӑрать. Ҫакна палӑртас килет: ӑҫта сӗнӗ оборудовани вырнаҫтарса лартас, паха материалсемпе усӑ курас технологи...

...водствӑпа экономика кӑтартӑвӗсем те аван. Тӗслӗхрен, сӗтел-пукан туса кӑларакан фабрикӑсем аренда йӗркипе ӗҫлекен «Чувашмебель» ассоциацие пӗрлешрӗҫ. Коллективсем мӗнпур фондсене хӑйсем ҫине илнӗ. Ҫавӑнпа технологие ҫӗнетесси, оборудованипе тухӑҫлӑ усӑ курасси, паха продукци нумайрах хатӗрлесси ҫине тимлӗ пӑхаҫҫӗ. Ҫӗнӗ Шупашкарти «Стройтехника» заводра монолит бетонран ҫурт-йӗр лартмалли технологи оборудованийӗ туса кӑларассине йӗркеленӗ. Ҫапла вара республикӑра ҫав меслетпе ҫурт-йӗр нумайрах лартма тытӑннӑ. Шупашкарти пирӑвӑр комбинатӗнче юлашки икӗ пилӗкҫуллӑхра мӗнпур фабрикӑсене ҫӗнӗ техникӑпа пуянлатнӑ, сакӑн хыҫҫӑн тупӑш шайӗ чылай ӳснӗ, 1989 ҫулта планран ирттерсе 15 миллион тенке яхӑн услам илнӗ.

Анчах ӗссем пур ҫӗрте те йӗркеллӗ пыраҫҫӗ теме ҫук. Чылай предприятипе организацире техникӑна ҫӗнетмелли мероприятисене кирлӗ пек пурнӑҫламаҫҫӗ. Вырнаҫтарса лартман оборудовани хисепӗ пысӑк. Хӑшпӗр предприятисенче урӑх ҫӗршывсенче туяннӑ оборудовани те ҫулталӑкӗ-ҫулталӑкӗпе ахаль ларать.

**— Кӑҫалхи задачӑсене палӑртнӑ чухне планлакан органсем мӗнле ыйтусене тӗп вырӑна хунӑ?**

— Пӗтӗм ҫӗршыври пекех, пирӗн республикӑра та экономикӑри лару-тӑру ҫӑмӑл мар. Чи кирли халӗ — халӑхӑн пурнӑҫ шайне сине тӑрса лайӑхлатасси. Ҫакна кашни предприятипе организаци, колхозпа совхоз, кашни коллектив ӗҫе татӑклӑн лайӑхлатмасӑр пурнӑҫлама май килмест. Ҫавӑнпа пур ҫӗрте те ӳлӗм ӑнӑҫлӑрах ӗҫлемелли никӗс хатӗрлемелле.

Республикӑн Государство планӗнче кӑҫал 53 участока, цеха, производствӑна комплекслӑ механизацилеме, 41 поток линийӗ хута яма, каяш сахал пулакан тата каяшсӑр 74 технологи процесне ӗҫе кӗртме, 396 единица ҫӗнӗ оборудовани вырнаҫтарса лартма палӑртнӑ. Строительствӑпа монтаж ӗҫӗсен 34,8 процентне прогрессивлӑ технологипе пурнӑҫламалла. Ялхуҫалӑх продукцийӗ йышӑнса тирпейлекен, халӑха кирлӗ таварсем туса кӑларакан производствӑсене уйрӑмах хӑвӑрт аталантарас пулать. Аслӑ шкулсен, наука центрӗсен, проектпа конструкци тата технологи организацийӗсен производство коллективӗсене витӗмлӗ пулӑшу памалла. Наука-техника прогресӗн программине мӗнле пурнӑҫланине отрасльсен штабӗсем — министерствӑсемпе ведомствӑсем, савӑн пекех халӑх депутачӗсен вы-

*Ял ументчи парӑм*

# Вӑхӑтпа тан утасчӗ

Халӑх валли апат-ҫимӗҫ яланах ҫителӗклӗ пултӑрччӗ. Ку ӗмӗт пире, ял ӗҫченӗсене, самантлӑха та канӑҫ памасть. Анчах ӑна ҫӗр ӗҫне тата выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илессине анлӑн механизацилемесӗр татса параймӑн. Пире техника хисепӗ кӑна мар, уйрӑмах унӑн пахалӑхӗ кирлӗ. Урӑхла каласан, пӗр агрегатпа е оборудованипе тӗрлӗ ӗҫ тума май пултӑр, вара тухӑҫлӑх та пысӑк пулать, продукцин хӑйхаклӑхӗ чакать.

Аста механизаторсем хуҫалӑхра ҫителӗклӗ. Вӗсем кирек-мӗнле кӑткӑс техникӑна та хӑвӑрт алла илме, унпа тухӑҫлӑ усӑ курма пултараҫҫӗ. Колхозӑн тӗп инженерӗ пулнӑ май, техника паркне кашни кунах ситетӗп. Трактористсемпе комбайнерсен, юсав ӗҫӗсене тӑвакансен пуҫарулӑхӗпе ӑсталӑхӗ савӑнтарать. Комбайнсене, сӑмахран, кӗркуннех хатӗррисен ретне лартнӑ. Еҫҫи умӗн тепӗр хут уйрӑммӑн тӗрӗслетпӗр. Вара ӗҫе пуҫӑнма шанчӑклӑрах. Кӑкарса ӗҫлемелли машинӑсем те хатӗр. Тракторсем ҫулталӑк тӑршшӗпех ӗҫре. Кӗскен каласан, механизаторсем алӑ усса лармаҫҫӗ. Пӗр ӗҫе тепринпе сыхӑнтарсах пыраҫҫӗ. Ҫапах та мана пӗр ыйту канӑҫ памасть: паркри техника ҫӗр сынни сен паянхи ыйтӑвӗсене туллин тивӗҫтерет-и? Ялхуҫалӑх производствине комплекслӑ механизацилес ӗҫре техникӑлла революци пурри паларать-и? Техника хисепӗ енчен хирӗҫӳ ҫук. Хамӑр колхозах илетӗп. Пирӗн тракторсем кӑна 40. Пурте кирлӗ, кашнинпе усӑ курма тӑрӑшатпӑр. Анчах тепӗр чухне пирӗн тӗллев пурнӑҫа кӗреймест. Сӑлтавӗ пӗрре — хуҫалӑхра усӑ курма юрӑхлӑ техника ҫитмест. Сӑмахран, пире кустӑрмаллӑ тракторсем ытларах кирлӗ. Туянма май ҫук. Ҫакна пула хура кӗркунне е хӗллехи вӑхӑтра тумалли ӗҫсем вӑраха кайса пыраҫҫӗ.

Тырпул вырса пухма вӑхӑт ҫитсен, колхоз уйне вунпӗр комбайн тухать. Ку вӑл сахал мар. Анчах агрегатсем юсавлӑ пулсан та, пӗр кӑлтӑксӑр ӗҫлесен те сухатусенчен хӑтӑлма ҫук. Мӗншӗн тесен ҫӗнӗ комбайнсене те техника енчен йӗркелесе ҫитермен. Ҫухатусем пуласран тӗрлӗ майсемпе сыхланма тӑрӑшатпӑр. Анчах ансат хатӗрсен усси сахал. Тырӑ лайӑх ҫапӑнманни те, вӑл арпапа хутӑшни те пулать. Темиҫе ҫул каярах тӗштырӑ культурисене вырса кушӑхтарнӑ меслетпе пухса кӗртесси анлӑн сарӑлнӑччӗ. Унпа халӗ те усӑ куратпӑр. Шел пулин те, ҫанталӑк яланах пӗр пек килмест. Ҫумӑрлӑ вӑхӑтра ҫак меслет юрӑхлӑ мар, вӑхӑтра пухса ҫапман паккуссенчи тырӑ йӗпенет, кӑвакарса каять. Ҫак инкекрен пире инженерсен шухӑшлавӗ кӑна хӑтарма пултарать. Унпа чылай ҫӗрте усӑ кураҫҫӗ. Сӑмах кунта вырнӑ тырра ҫапмасӑрах йӗтеме турттарасси пирки пырать. Сапла майпа тырра лайӑх типӗтсе тӗшӗлеме пулать. Кунта тӑкаксем нумай чакаҫҫӗ. Анчах пирӗн халлӗхе унашкал техника ҫук. Утӑ ҫулса пухассинех илерха тата. Халӗ, йышлӑ выльӑх усранӑ май, утӑлӑх куракӗсем нумай акаҫҫӗ. Утӑ ҫинче кашни сехет шутра. Вӑхӑтра пуҫӑнмасан — кая юлатӑн. Вӑраха тӑссан — ҫухататӑн. Пӗлтӗр, акӑ, утӑлӑх куракӗсем ӑнса ҫитӗнчӗҫ. Вӑтамран кашни гектартан 47 центнер типӗ утӑ пухса кӗртрӗмӗр. Ҫухатусем те пулнӑ. Акӑ мӗншӗн. Утта пӗчӗк тухӑҫлӑ пресс-подборщикпа пухатпӑр. Кашни тӗркене 18—20 килограмран мала кӗреймест. Кайран ҫав тӗркесене автомашинӑсемпе е прицеплӑ тракторсемпе фермӑсене турттаратпӑр. Кунта каллех пушатма тата урана хывма тивет. Шутлӑрха, мӗн чухлӗ ӗҫ вӑйӗ, транспорт кирлӗ? Горючи нумай пӗтет. Ҫакӑ вара выльӑх апачӗн хӑйхаклӑхне те ӳстерет.

Асӑннӑ пӑтӑрмахран хӑтӑлмалли тӗрӗс ҫул — утӑ пухса кӗртмелли ҫӗнӗ, пысӑк тухӑҫлӑ техникӑпа анлӑн усӑ курни. Чылай ҫӗрте ҫулнӑ курӑка рулон туса ҫыхакан агрегатсем пур ӗнтӗ. Кашни рулонӗ 300 килограмран кая мар таять. Шел, ун пек подборщиксем халлӗхе питӗ сахал.

Ҫӗнӗ техника пачах килмест теме ҫук. Плугсемпе культиваторсем, сеялкӑсемпе удобренисем сапмалли хатӗрсем вӑхӑтра туянатпӑр. Анчах хӑвӑрт ванаҫҫӗ вӗсем. Уйрӑм узелсемпе детальсем юрӑхсӑра тухаҫҫӗ. Тепӗр чухне вара гайкӑсем ҫитменни те ал-урана сыхса лартать. Вак-тӗвек деталь тесеши, ун пеккисене районти «Агроснаба» ярса памаҫҫӗ. Вӗсене вырӑнта туса хатӗрлеме вӑхӑт, металл тата оборудовани кирлӗ. Мӗншӗн промышленноҫра сакна шута илмелле мар-ха? Колхозсемпе совхозсен ыйтӑвӗсене вырӑнти предприятисенче те тивӗҫтерме май пур. Кун пирки шутласа пӑхмаллах.

Паллах, ялхуҫалӑх техникине юсанӑ чухне районти улшӑну фончӗпе усӑ куратпӑр. Анчах кӑткӑс детальсем тепӗр чухне унта та пулмаҫҫӗ. Хӑшпӗр запас пайсене хамӑр мастерскойра ҫӗнетсе улӑштарма, тӗпрен юсама тӑрӑшатпӑр. Анчах тӳрех каламалла, пирӗн вӑй ситмест, ӗсӗн пахалӑхӗ те кирлӗ шайра мар.

**С. ЕГОРОВ,**
**Шупашкар районӗнчи Ленин ячӗпе хисепленекен колхозӑн тӗп инженерӗ.**

# Африкӑри сӑнава

Венгрире ултӑ уйӑх ытла тӑсӑлнӑ сӑнавсенчен таврӑнсан, агрегатсене ӗҫре сӑнакан бюро начальникӗ В. Чернышев чӗретлӗ отпуска тухма палӑртнӑччӗ. Анчах та... Ун патне техника директорӑн заместителӗ В. Т. Куркин шӑнкӑравларӗ:

— Владимир Иванович, генеральнӑй директор Нигерире Т-330 тата Т-500 тракторсен сӑнавне ӑнӑҫлӑ ирттерме опытлӑ инженера яма сӗнчӗ. Эпӗ санӑн ята асӑнтӑм. Мӗнле, йӑнӑшмарӑм-и?

Шанӑҫ ҫунат хушать, теҫҫӗ. Ҫапла, каллех ҫӗнӗ ҫӗршыв, канӑҫсӑр ӗс. Икӗ уйӑх ытла Африкӑри тропик условийӗсенче ӗҫлемелли тракторсене пухас, вӗсен заводри сӑнавне ирттерес, запас пайсене хатӗрлес ыйтусене татса парас тесе, сахал мар вӑй хучӗ В. Чернышев инженер. Ӑнӑҫлӑх малтан тӗплӗн хатӗрленнинчен килнине лайӑх пӗлет вӑл.

Декабрь уйӑхӗн юлашки кунӗсенче Нигерие ямалли тракторсене чугун ҫул платформисем ҫине тиерӗҫ.

Ҫӗнӗ ҫула кӗтсе илнӗ хыҫҫӑнах трактор сӑнавҫисем те инҫе ҫула тухрӗҫ. В. Чернышев тракторсен тропикри сӑнавне ку хутӗнче те хӑйпе пӗрле Венгрире пулнӑ А. А. Михайлов водитель-сӑнавҫӑна илчӗ. Нигерире тракторсем тӗрлӗрен ҫӗрпе тата тӗрлӗ предприятисенче ӗҫлеме палӑртнине шута илсе, унта каякан ушкӑна техникӑна лайӑх пӗлекен С. А. Быстров инженерпа С. В. Кузьмин водитель-сӑнавҫӑна кӗртрӗҫ.

Африка континентӗнчи тепӗр ҫӗршыва — Замбие каякан Т-330 трактора та декабрь уйӑхӗнче ӑсатрӗҫ. Унти сӑнавсене ирттерме Ю. А. Шильников инженерпа паллӑ бригадир В. П. Канясев тивӗҫ пулчӗҫ.

Шупашкар улӑпӗсен ӗҫри шанчӑклӑхӗ ӳснӗ май, завод продукцийӗ Африкӑри ҫӗршывсенчи рынока тухни — пысӑк чыс.

**А. МАКСИМОВ,**
**инженер сӑнавҫӑ.**

# ПЫСӐК ПУЛӐШУ

Канашри вагонсем юсакан заводра пӗлтӗр, рационализаторсен сӗнӗвӗсене ӗҫе кӗртсе, 150 пин тенке яхӑн ...че те тавҫӑруллисен юхӑмӗ вӑйланнӑ.

Заводра производствӑри «хӗсӗк» вырӑнсене пӗтерес...

# РАЙОНТИ ФИЛИАЛ

Экономикӑна тытса пымалли ҫӗнӗ условисенче ӗҫленӗ май, колхозсемпе совхозсем кашни пуса шута илме тӑрӑшаҫҫӗ, перекетлӗхшӗн кӗрешеҫҫӗ. Халӗ колхозсемпе совхозсенче техникӑна ытларах вырӑнтах юсаҫҫӗ. Ку вара районсенчи юсавпа техника предприятийӗсене тупӑш илмелли ҫӗнӗ майсем шырама хистет.

Хӗрлӗ Чутай районӗнчи юсавпа техника предприятийӗнче Шупашкарти «Промприбор» пӗрлешӗвӗн филиалне уҫнӑ. Механика цехӗ релесем валли запас пайсем туса кӑларать. Рабочисем ҫӗнӗ ӗҫе Шупашкарти тӗп предприятире вӗреннӗ, пӗтӗм оборудованине хӑйсемех вырнаҫтарнӑ. Халлӗхе кунта 22 станок. Тулли хӑватпа ӗҫлеме тытӑнсан, цех ҫулталӑкра 3 миллион тенкӗлӗх продукци туса кӑларать. Рабочисен хисепӗ 240 ҫынна ҫитмелле. Каярахпа металл шӑрӑтмалли тата пресс участокӗсем уҫма палӑртнӑ.

Иртнӗ уйӑхра вара цехӑн иккӗмӗш хутӗнче реле катушкисем чӗркекен участок уҫӑлнӑ. Эльвира Кондратьева ертсе пыракан бригада ҫӗнӗ ӗҫе кӗске вӑхӑтрах хӑнӑхнӑ. Халӗ кашни намотчица сменӑри нормӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласа пырать. Юнашарах тата тепӗр цех тума палӑртнӑ. Вӑл ӗҫе кӗрсен, хӗрлӗчутайсем ҫулталӑкра 8 миллион тенкӗлӗх продукци туса кӑларма пуҫлаҫҫӗ.

**Ю. ЮРЬЕВ.**



нологисене ĕçе кĕртме палăртнă.

Асăннă тата ытти мероприятисене пурнăçлани промышленность производствин калăпăшне, 1985 çулхипе танлаштарсан, 1990 çулта — 42 процент, 2000 çул тĕлне 2,1 хут ÿсĕклатма май парать.

**— Николай Васильевич, пилĕкçуллăхăн тăватă çулĕ вĕçленнĕ май, хăшпĕр итогсене тума пулать пулĕ.**

— Шутласа пăхăпăр. Акă, пилĕкçуллăхăн виçĕ çулĕн пĕтĕмĕшле даннăйĕсем. Çак хушăра республика промышленноçĕнче ĕç тухăçлăхĕ 16

...

**выранта тăмалла. ... малашне тата йывăр килмĕ-и?**

— Тĕрĕс. Наука-техника прогресне кирек хăш предприятипе организацин кулленхи ĕçĕнчен уйăрма çук. Çаннипе илсен, вăл мĕнпур ыйтусене ăнăçлăрах татса памалли шанчăклă çул-йĕр пулса тăрать. Çакна палăртас килет: ăçта çĕнĕ оборудовани вырнаçтарса лартас, паха материалсемпе усă курас, технологи процесĕсене урăхлатас ыйтусене кадрсене вĕрентсе хатĕрлессипе, ĕçе тĕрĕс йĕркелессипе тачă çыхăнтарăççĕ. Унта производствăсене уйрăмах хăвăрт» аталантарас пулать. Аслă шкулсен, наука центрĕсен, проектпа конструкци тата технологи организацийĕсен производство коллективĕсене витĕмлĕ пулăшу памалла. Наука-техника прогресĕн программине мĕнле пурнăçланине отрасльсен штабĕсем — министерствăсемпе ведомствăсем, савăн пекех халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсем куллен-кун тĕрĕслесе тăма тивĕçлĕ.

А. НИКОЛАЕВ  
калаçнă.

...

теплен хатĕрленнинчен килнине лайăх пĕлет вăл.

Декабрь уйăхĕн юлашки кунĕсенче Нигерпе ямалли тракторсене чугун çул плат...

...

продукцийĕ Африкăри çĕршывсенчи рынока тухни — пысăк чыс.

А. МАКСИМОВ,  
инженер сăнавçă.

## ПЫСĂК ПУЛĂШУ

Канашри вагонсем юсакан заводра пĕлтĕр рационализаторсен çĕнĕвĕсене ĕçе кĕртсе, 150 пин тенке яхăн перекетленĕ. Тĕп энергетик пайĕнче уйрăмах хастар ĕçленĕ, унта 8 çĕнĕве пурнăçланă. 2-мĕш механика цехĕнче те тавçăруллисен юхăмĕ вăйланнă.

Заводра производствăри «хĕсĕк» вырăнсене пĕтерес тĕлĕшпе конкурс ирттерĕççĕ. Унăн тĕп тĕллевĕ — вагонсем юсамалли технологие çĕнетесси.

Р. ИВАНОВА.



...се пыракан бригада çĕнĕ ĕçе кĕске вăхăтрах хăнăхнă. Халĕ кашни намотчица сменăри нормăна ăнăçлă пурнăçласа пырать. Юнашарах тата тепĕр цех тума палăртнă. Вăл ĕçе кĕрсен, хĕрлĕчутайсем çулталăкра 8 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларма пуçлĕççĕ.

Ю. ЮРЬЕВ.

*Уççăнлăх тĕкĕрĕ*

# СУЙЛАВ ХЫÇÇĂН

ÇЕНЕТÿ, демократи, уççăнлăх аталанса пынă май, çак пулăмсене ытларах вăя кĕртес тесе тăрăшакансен йышĕ те ÿссех пырать. Анчах, сăнарах пăхсан, çакна та асăрхатăн: демократи саралса пынăçемĕн ăна хирĕç тăракансем те пĕр вырăнта тăмаççĕ, кивĕ позицисене анлăлатаççĕ, çĕннисене хатĕрлеççĕ, хÿтĕленеççĕ çеç мар — тапăнаççĕ те.

Акă, редакцие нумаях пулмасть республикăри суту-илÿ техники тата реклама енĕпе ĕçлекен производство пĕрлешĕвĕнчен Ю. И. Тимченко килсе кайрĕ, хăйне тÿрĕ сăмахшăн тĕрлĕ майпа хĕсни, унăн юлташĕсем çĕнетĕве шанма пăрахни çинчен каласа пачĕ.

Вырăна кайса тĕрĕслĕсен, мĕн курăнчĕ-ха? Ку ĕç пĕлтĕрхи январь-март уйăхĕсенчех пуçланнă та, паянхи куна та вĕçленмен иккен. Çавăнпа та, вулакана ăнланмаларах пултăр тесе, йĕркипе каласа парар.

1988 çулта суту-илÿ техникин тата реклама енĕпе ĕçлекен производство пĕрлешĕвĕн директорĕ сул ситнипе тата хăйне ку ĕçре йывăр туйнипе, çак ĕçрен хăтарма ыйтнă. Çĕнĕ директора суйлама коллектива ирĕк парасси пирки сас-хура тухнă. Чанах та, вăхăт нумай та иртмен, çак должность вакантлă пулни çинчен республика хаçачĕсенче пĕлтерÿсем çапăнса тухнă, предприятире васкасах конкурс комиссине туса хунă. Унта пурĕ 6 çын кандидатурине пăхса тухнă.

— Çав лару питĕ хăйнеевĕрлĕ пулса иртрĕ, — аса илеççĕ паян унта хутшăннă çынсем. — Сăмахран, пĕр милиционер кандидатурине пăхса тухнă. «Эй, пире милиционер мĕн тума кирлĕ, дисциплина, йĕрке тума тытăнĕ, ун пекки пирĕн системăра ĕçлеме пултараймĕ», — пулнă комиссин татăклă сăмахĕ. Ытти кандидатурăсене те çакăн евĕр, вĕсен тавракурăмне, сынлăхне, ĕçлеме пултарнин пахалăхне хаклаmasăрах, сиелтен тишкерелесе тухнă. С. Ф. Зайцев кандидатури патне çитиччен. Кунта вара суту-илÿ министрĕн заместителĕ В. А. Воскресенский хăй сăмах илнĕ: «Эпир сире кунтан лайăхрах кандидатура сĕнме пултараймастпăр, вăл хамăр çын.

Сыхăнăвĕсем те нумай, тем те тупма пултарать, ахальтен-и планлакан организацире директор заместителĕнче ĕçленĕ. Çавăнпа та пирĕн кандидатурăна ырлама ыйтатăп».

Тÿрех калăпăр, конкурс комиссийĕ шăп та çакăн евĕр ирттнĕ тесе сирĕплетмĕпĕр, мĕншĕн тесен унăн протоколĕ çук, хамăр та унта пулман. Апла пулин те, нумайăшĕ вăл сапларах иртни çинчен каласа кăтартрĕ.

— Министр заместителĕн авторитечĕ хăйĕн ĕçне турех турех, — аса илет комисси членĕ Тимченко. — Администраци çыннисем Зайцев кандидатуришĕн сасăларĕç.

Çакăн пек чухне кашни харпăр хăй шухăшне яр-уççăн калани хаклă. Çапла тума çăмăл мар ĕнтĕ. Мĕншĕн тесен уççăнлăхпа демократи хăй тĕллĕн, çÿлтен хушнипех килменнине эпир вăрахăн, йывăррăн, тин кăна ăнланса пыратпăр пулас.

Часах кандидатсем рабочисемпе, механиксемпе тĕл пулусем ирттерме тытăннă. Шел пулин те, вĕсем пĕр пек правасемпе усă кураймăн. Пĕрне, Е. И. Златкина, администраци енчен кашни утăмрах тенĕ пек такăнтарма тăрăшнă, тепĕрне вара пур енĕпе те пулăшса пынă. Вулакан ăнланчĕ пулĕ — кунта суту-илÿ министерстви сĕннĕ С. Ф. Зайцев пирки сăмах. Çакă, паллах, нумайăшне килĕшмен. Вĕсем вара, касса аппарачĕсене пăхса тăракан участокра ĕçлекен Ю. И. Тимченко тавра пĕрлешсе, Е. И. Златкин кандидатуришĕн кĕрешÿ пуçарнă.

Суйлав кунĕ çитнĕ. Ăна ирттерме кашни участокран делегатсем килнĕ. Çакна каласа хăвармалла. Суту-илÿ объекчĕсем тĕрлĕ çĕрте вырнаçнă май, вĕсене пăхса тăракан участоксем те хулипех, республикипех сапаланнă. Çавна май администрацие участоксем хушшинчи çыхăнусем çирĕпех мар. Конференцие администраци енчĕн те делегат суйламалла пулнă. Анчах та, тĕрĕслĕх принципĕсене тÿррĕнех пăсса, администраци енчен сасăлава пурте хутшăннă (сахалтан та 50—60 çын).

Тимченко çакна хирĕçленĕ, делегатсен сассисене çеç шута илме сĕнÿ тăратнă. Ун сĕнĕвне шута илмен. Кандидатсемшĕн сасăлама тытăннă.

Шутлав комиссийĕн 2-мĕш номерлĕ протоколĕнчен (1989 ç., январĕн 17-мĕшĕ):

С. Ф. Зайцевшăн — 129 çын, хирĕç 79 сасăланă. Е. И. Златкиншăн — 79 çын, хирĕç — 129. (Пĕрлешÿре 337 çын ĕçлет).

Суйлав хыççăн лару-тăру лăпланнă пек пулнă. Анчах та çĕнĕ директор хăйне кам хирĕç тăнине манман.

Штатра тăман халăх контролерĕсем А. И. Наумовпа В. В. Нестеров халăх контролĕн хулари комитетне тăратнă справкăран:

«Тĕрĕслев çакна кăтартса пачĕ: касса аппарачĕсене пăхса тăракан участокри электромеханиксем 1989 çулхи январь уйăхĕнче Зайцев кандидатурине хирĕç сасăланă, çакна вĕсем пытарман. Каярах, 1989 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнчи 30-мĕш номерлĕ приказпа, ку участока салатса янă, ку участокра ĕçлекен электромеханиксене çак профильпе çыхăнман 5 участока салатнă».

Хулăна пĕчченшер хуçма меллĕ-ске!

**Ю. Г. Васильев,** касса аппарачĕсен электромеханикĕ:

— Пирĕн участок социализмлă ăмăртура пĕр хутчен кăна мар малти вырăнсем йышăннă. Халĕ вара, участока салатса янă хыççăн, касса аппарачĕсене пăхса тăракансене запас пайсемпе тивĕçтересси япăхланчĕ, юсав ĕççĕсен пахалăхĕ чакрĕ.

**Ю. В. Ежов,** касса аппарачĕсен электромеханикĕ:

— Участока салатни пирĕн ĕç пахалăхĕнче тÿррĕмĕнех палăрчĕ. Сăмахран, заявкăсене туллин тивĕçтерейместпĕр. Сăлтавĕ — эпир тĕрлĕ çĕрте ĕçленинче. Халĕ вара чылай магазинсенчи касса аппарачĕсем юсавсăр ларăççĕ.

Апат-çимĕç таварĕсене вакkăн сутакан «Продтовары» производство пĕрлешĕвĕнчи техника пайĕнче ĕçлекен товаровед **Т. И. Голубева:**

— Касса аппарачĕсен участокне В. А. Маркин мастер ертсе пынă чухне пире те, эпир вĕсен тĕп заказчикĕсем шутланатпăр, çăмăлрахчĕ. Халĕ вара юсав ĕçĕсем вăраха тăсăлаççĕ.

Кунта комментари кирлех-ши? Ахаль те ăнланмалла. Анчах та çÿлерех асăннă 30-мĕш номерлĕ приказăн тÿнтерле енĕсем çакăнпа кăна пĕтмен-ха. Вĕсене те асăнмасăр хăварма çук.

Пĕрремĕшĕ. Ку ыйтăва татса панă чухне С. Ф. Зайцев бригадăпа калаçман, çынсемпе килĕшсе таталман.

Иккĕмĕшĕнчен, çав приказпах участокри мастер должноçне пĕтернĕ, мастера хăйĕнчен ыйтмасăрах электромеханика — пĕчĕкрех должноса куçарнă. Кăна тума нимĕнле сăлтав та, айăп та пулман. В. А. Маркин мастера урăх должноçа куçарасси çинчен профсоюз комитетĕнче те пăхса тухман. Апла пулсан ку ĕçлев законне сĕмсĕррĕн пăсни пулать.

Çак приказа хирĕçлесе, участокри электромеханиксем çÿлерехри организацие çыраççĕ. Ун çине алă пустарма, укпа ытти участокри рабочисене паллаштарма Тимченкăна хушаççĕ. Мартăн 2-мĕшĕнче вăл производство цехĕнчи рабочисене çак çырупа паллаштарнă вăхăтра ун патне цех начальникĕ Ю. Г. Игнатьев тата тавар сутакан пай начальникĕ К. А. Талдытов пырса тухаççĕ, унран çырăва тăпăлтарса илме хăтланаççĕ. Çак тĕрткелешÿре Тимченкон курткине çурса яраççĕ, урине амантаççĕ.

Мартăн 9-мĕшĕнче С. В. Зайцев директор тепĕр приказ çырать:

В. А. Маркин мастера выговор парас, март уйăхĕшĕн тивекен премии укçине 100 проценчĕпех тытса юлас. Ю. И. Тимченкона та çирĕп выговор панă, 100 проценчĕпех премии тытса юлнă. Приказа çапла никĕсленĕ: «Тимченко ĕç вăхăтĕнче администрации ĕçне хурлакан чĕнÿпе çÿренĕ, унăн ĕçне варалана, 10 сехетпе 12 сехетчен хăйĕн яланхи ĕç вырăнĕнче пулман».

Электромеханиксем калана тăрăх вара, вĕсем вăл кун планеркăна килнĕ.

Шыв аналла тапать, çын тăвалла тапаланать. Тимченко та кĕрешме пăрахмасть-ха. Вăл администрацин закона хирĕç ĕçĕсем пирки Шупашкар хулинчи Ленин районĕнчи халăх судне пăхса тухма тăратать. Анчах та П. П. Вострухин судья администраци енчен айăп çук тесе решени йышăнать.

Кунта та иккĕлентерекенни, шухăшлаттараканни нумай. Тĕслĕхрен, Ю. И. Тимченко урине мăкăлтасан, Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕн сывлăх комплексĕнчи травмотологи больницинче пулнă. Урине çÿлерех çырса кăтартнă тĕркешÿре сусăрлатнă пирки калана. Суда тăратнă справкăра вара Тимченко «шăтăка кĕрсе ÿксе урине сусăрлатнине» сирĕплетеççĕ.

Хулари халăх контроль комитечĕ ыйтнипе çак факта Г. А. Овчинникова юрист тĕрĕсленĕ. Çакна тупса палăртнă: Тимченкăн чир историйĕн 1-мĕш листи ытти икĕ листинчен тĕсĕпе уйрăлса тăрать. Çак справка суда мĕнле лекни паян кун та паллă мар. П. П. Вострухин халăх судйи пăхса тухнă ĕç «хыпарсăр сухални» те — хăйне евĕрлĕ детектив.

Тимченко хăйĕн позицине сине тăрса хÿтĕлени, тĕрлĕ пăтăрмахсене пăрăнманни рабочисем хушшинче унăн ятне ÿстерет. Паян ун патне чылайăшĕ туртăнать. Çакăнпа, паллах, администраци килĕшме пултараймасть.

Пĕрлешÿре паян кăткăс лару-тăру. Хăшĕсене, тĕрлĕ енлĕн хăратса, администраци шăпланма ыйтнă, теприсем кам сиеле тухасса кĕтеççĕ. Иккĕленекенсем нумай, тĕрĕслĕх çĕнтересse ĕненмеççĕ.

Г. МАКАРОВ.



⊙ Т. Максеева бригади катушкăсем чĕркет.  
⊙ Районти чи лайăх рационализатор, гидроцехри В. Данилов токарь.

А. Разумов фотоÿкерчĕкĕсем.

● *Юлташăмăр çинчен*

# Чунĕ канăççăр унăн

Çирĕм пилĕк çул каярах Шупашкарти агрегат завочĕн чугун шăрататакан цехне Юрий Хлебников мастер ĕçлеме килчĕ. Юсав ĕçĕсене ертсе пыма шанчĕç ăна.

Кĕске хушăрах Хлебников мастер хăйĕн ĕçне хăнăхса çитрĕ. Тавçăруллă каччăна ăнсăртран мар ĕнтĕ темиçе уйăх иртсенех смена мастерĕ пулма шанчĕç, каярахпа вăл аслă мастер пулса тăчĕ. Ĕçĕ вара питĕ нумайччĕ. Цехра тивĕçлĕ условисем пулман. Çавăн çинчен пухусенче сахал мар каласнă, улшăну тăвас тесе пурпĕрех тăрăшман. Çаксене курсан, Ю. Хлебников республикăри хаçатра «Газ ăшне путнă участок» статья çырса кăларнăччĕ. Çавăн хыççăн ĕç вырăнтан хускалчĕ. Хлебников мастера вара пурте «пирĕн рабкор» тесе хисеплеме тытăнчĕç.

Çăмăл мар аслă мастер тивĕçĕ. Хăй вăл яланах рабочисен куçĕ умĕнче. Çынсенчен çирĕп ыйтас тетĕн пулсан, пуринчен малтан хăвăн пур çĕрте те чыслă пулмалла. Юрий Яковлевич çакна нихçан та манмасть. Уншăн чи хакли — ĕçри тивĕçе май килнĕ таран лайăхрах пурнăçласси. Çавăнпа ĕнтĕ ыттисенчен те хытă ыйтать, йĕркене пăснă пĕр тĕслĕхе те тивĕçлĕ хак памасăр ирттерсе ямасть. Çав вăхăтрах яланах чи тĕрĕс решени йышăнать. Çавăнпа коллективра унăн ячĕ-сумĕ пысăк.

Заводра хурçăран тĕрĕс детальсем шăрататакан цех ĕçе кĕчĕ те, пултаруллă рабочисемпе специалистсене унта куçарчĕç. Ю. Хлебников мастер та çĕнĕ производствăна куçрĕ. Çирĕм çул ĕçлет ĕнтĕ металлургсен çак коллективĕнче, производствăн пултаруллă организаторĕ, ăста воспитатель пулнине кăтартса пачĕ. Вăл юсав ĕçĕсене ертсе пырать. Çакна лайăх пĕлет вăл: оборудованине мĕнле юсаса хатĕрлетĕн, производствăри ĕçсем те çавăн пек пулса пыраççĕ. Çакна аслă мастер хăй кăна мар, юсав службинчи кашни рабочи асра тытать. Ю. Хлебников ертсе пыракан участок юлашки вăхăтра уйрăмах паллă ÿсĕмсем турĕ. Иртнĕ виçĕ квартал хушшинче умлăн-хыçлăн заводри социализмла ăмăртура çĕнтерчĕ.

Ку вăл пĕлтĕрхи сентябрьте пулчĕ. Цехри профсоюз организацийĕн председательне суйламашкăн темиçе кандидат тăратнăччĕ. Рабочисем вара Ю. Хлебникова суйларĕç. Мĕншĕн тесен вăл рабочисен правине яланах хÿтĕлеме хатĕр пулнине, çав вăхăтрах йĕркене пăсакансенчен çирĕп ыйтнине пурте аван пĕлеççĕ. Сăмахран, премии памалли йĕркене кĕске вăхăтрах улăштарчĕç, кам мĕнле вăй хунине кура хавхалантарма тытăнчĕç.

Юрий Яковлевич пурнăçра активлă позици йышăнма тăрăшать. Калинин районĕнчи халăх контроль комитечĕн штатра тăман инспекторĕ пулнă май, ун патне тĕрлĕ ыйтупа пыраççĕ. Хăшпĕр тĕслĕхсене çеç илĕпĕр. Пĕррехинче унран шкулта вĕренекен Л. Волкова пулăшу ыйтнă. Таван мар ашшĕ килтен хăваласа кăларса янă-мĕн ăна. Юрий Яковлевич хĕрачана районти çутĕç пайĕпе пĕрле кирлĕ пулăшу панă. Тепрехинче вăл урамра тискер ĕçсем туса çÿрекен çамрăксене тивĕçлĕ ответ тыттарма пулăшнă.

Л. КАЛИНОВ,  
обществăлла корреспондент;  
Л. ЛАСТУХИН,  
слесарь-юсавçăсен звеньевойĕ, ĕç ветеранĕ;  
Г. КОНДРАТЬЕВ,  
фрезеровщик, заводăн хисеплĕ ветеранĕ;  
Л. ЯНУКОВ,  
слесарь-юсавçă, ĕç ветеранĕ.

# ТАСА ЯТА ТАВĂРНĂ

## Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитетĕнче тата Чăваш АССР прокуратуринче

**СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ 1989 çулхи январĕн 16-мĕшĕнче йышăннă Указăн 1-мĕш статйипе килĕшӳллĕн, 30—40-мĕш çулсенче тата 50-мĕш çулсен пуçламăшĕнче айăпла мар çĕртенех айăпланă çынсен материалĕсене пăхса тухса, çак çынсене пĕтĕмпех реабилитациленĕ:**

Гадилша Давлетович **Абязов** — 1897 çулта Куславкка районĕнчи Кăрмăшра çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Василий Павлович **Аверьянов** — 1882 çулта Пăрачкав районĕнчи Сыреçре çуралнă, кунтах пурăннă, пĕр ĕçпе пурăнман. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Евдокия Александровна **Александрова** — 1898 çулта Елчĕк районĕнчи Тăрăмра çуралнă, кунтах пурăннă, чиркӳ совечĕн председателĕ пулнă. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Александра Петровна **Арзамасова** — 1881 çулта Куславкка районĕнчи Юлсарта çуралнă, Тĕрлемес станцинче пурăннă, колхозница. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Каюм Арипович **Арипов** — 1886 çулта Патăрьел районĕнчи Тутар Сăкăтĕнче çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1932 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Леонид Николаевич **Архангельский** — 1889 çулта Красноармейски районĕнчи Мăн Шетмĕре çуралнă, Элĕк районĕнчи Шăмшешре пурăннă, священник. Ăна 1932 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Тимофей Афанасьевич **Афанасьев**, 1881 çулта Вăрмар районĕнчи Саруйĕнче çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Николай Кириллович **Ашмарин-Зрачев** — 1881 çулта Елчĕк районĕнчи Таяпа Энтринче çуралнă, Тутар АССРĕнчи Камско-Устински районта Кайбердино ялĕнче пурăннă, пĕр вырăнта ĕçлемен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Архип Павлович **Байдуганов** — 1890 çулта Елчĕк районĕнчи Çĕнĕ Эйпеçре çуралнă, Елчĕкре пурăннă, районти çул-йĕр пайĕнче техникра ĕçленĕ. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Алексей Прохорович **Бакшеев** — 1895 çулта Киров облаçĕнчи Яранск хулинче çуралнă, Шупашкарта пурăннă, бухгалтер. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Сергей Дмитриевич **Баскаков** — 1906 çулта Улатăрта çуралнă, кунтах пурăннă, Улатăр хулинчи коммуналлă хуçалăхра сăр ăсти пулса ĕçленĕ. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Андриан Кузьмич **Бардасов** — 1891 çулта Шупашкар районĕнчи Етĕрнекассинче çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Семен Федорович **Бардасов** — 1879 çулта Шупашкар районĕнчи Хураçырмара çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Евдокия Константиновна **Весенева** — 1887 çулта Киров облаçĕнчи Яранск районĕнчи Усла ялĕнче çуралнă, Сĕнтĕрвăрри хулинче пурăннă, пĕр вырăнта ĕçлемен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Перасковья Константиновна **Весенева** — 1896 çулта Киров облаçĕнчи Яранск районĕнчи Усла ялĕнче çуралнă, пĕр вырăнта ĕçлемен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Гаврил Васильевич **Волков** — 1891 çулта Канаш районĕнчи Уçырмара çуралнă, кунтах пурăннă, Канаш поликлиникинче конюхра ĕçленĕ. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Николай Павлович **Воробьев** — 1887 çулта Шăмăршă районĕнчи Анат Чаткасра çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Гурий Всеволодович **Всеволодов** — 1900 çулта Канаш районĕнчи Анат Сурăмра çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1932 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Биктимир Гафурович **Гафуров** — 1885 çулта Комсомольски районĕнчи Чĕчкенте çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1932 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иван Григорьевич **Григорьев** — 1876 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иван Григорьевич **Григорьев** — 1888 çулта Çĕрпӳ районĕнчи Таканара çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Петр Григорьевич **Григорьев** — 1905 çулта Вăрнар районĕнчи Уйкас Юнтапара çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Никита Гурьевич **Гурьев** — 1895 çулта Красноармейски районĕнчи Кивĕ Йĕкĕтре çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă.

Захар Давыдович **Давыдов** — 1891 çулта Элĕк районĕнчи Куракăшра çуралнă, кунтах пурăннă, Чăваш АССР Халăх Комиссарĕсен Совечĕн Элĕк районĕнчи уполминзагĕн учетчикĕнче ĕçленĕ. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Алексей Данилович **Данилов** — 1881 çулта Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшихре çуралнă, кунтах пурăннă, пĕр вырăнта ĕçлемен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Илья Александрович **Дедушкин** — 1894 çулта Куславкка районĕнчи Ырашпулăхĕнче çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иосиф Станиславович **Деми-**

...**ровольский** — 1864 çулта Ленинградра çуралнă, Пăрачкав районĕнчи Напольное ялĕнче пурăннă, священник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Матрена Демидовна **Доронькина** — 1881 çулта Пăрачкав районĕнчи Напольное ялĕнче çуралнă, кунтах пурăннă, «Парижская коммуна» колхоз колхозници. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Егор Сергеевич **Егоров** — 1888 çулта Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшихре çуралнă. Канашра пурăннă, пĕр вырăнта ĕçлемен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Сергей Емельянович **Емельянов** — 1883 çулта Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшихре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иван Андреевич **Енихов** — 1914 çулта Куславкка районĕнчи Ырашпулăхра çуралнă, Пăрмасра пурăннă, кунти чиркӳре дьякон пулнă. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Григорий Ефимович **Ефимов** — 1885 çулта Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Нарат Чакинче çуралнă, кунтах пурăннă, ялти чиркӳре священник пулнă. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Василий Ефимович **Ефимов** — 1903 çулта Элĕк районĕнчи Мăн Вылăра çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1932 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Кузьма Иванович **Ивамов** — 1884 çулта Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшихре çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иван Александрович **Кинишемцев** — 1879 çулта Сĕнтĕрвăрринче çуралнă, кунтах пурăннă, пĕр вырăнта ĕçлемен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Константин Кириллович **Кириллов** — 1905 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозри пушар дружинин начальникĕ пулнă. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Анна Яковлевна **Краснова** — 1896 çулта Куславкка районĕнчи Юлçарта çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иван Кузьмич **Краснов** — 1885 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, колхоз ферминчи хуралçă. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Дмитрий Иванович **Курбатов** — 1900 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Фатых Нигматуллович **Мардиев-Нигематуллин** — 1871 çулта Комсомольски районĕнчи Чĕчкенте çуралнă, кунтах пурăннă, мулла. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Иван Федорович **Мешков** — 1881 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Арсентий Федорович **Меш-**

...

Маркел Петрович **Петров** — 1881 çулта Куславкка районĕнчи Юлсарта çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Степан Петрович **Петров** — 1899 çулта Канаш районĕнчи Анаткас Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Петр Яковлевич **Петров-Яковлев** — 1881 çулта Вăрмар районĕнчи Çĕнĕ Кинчерте çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Давыд Яковлевич **Рябов** — 1871 çулта Улатăр районĕнчи Атратьре çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Сагдетдин Хайретдинович **Салихов** — 1870 çулта Тутар АССРĕнчи Пăва районĕнчи Альшиховăра çуралнă, Патăрьел районĕнчи Чкаловскинче пурăннă, мулла. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Абидин Зелялетдинович **Саттаров** — 1886 çулта Патăрьел районĕнчи Тутар Сăкăтĕнче çуралнă, Ыхраçырминче пурăннă, мулла. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Михаил Сергеевич **Сергеев** — 1874 çулта Канаш районĕнчи Анат Сурăмра çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Семен Сидорович **Сидоров** — 1914 çулта Вăрмар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Ефрем Степанович **Степанов** — 1877 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхоз конюхĕ. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Мария Федоровна **Софронова** — 1890 çулта Куславкка районĕнчи Шăнчасра çуралнă, Кунерте пурăннă, хресчен. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Синетулла Сулейманович **Сулейманов** — 1885 çулта Тутар АССРĕнчи Вольный Стан ялĕнче çуралнă, Патăрьел районĕнчи Начар Упире (Ксыл Чишма) пурăннă, мулла. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Насретдин Суфьянович **Суфьянов** — 1869 çулта Патăрьел районĕнчи Начар Упире (Ксыл Чишма) çуралнă, кунтах пурăннă, муэдзин. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Сидор Терентьевич **Терентьев** — 1877 çулта Вăрнар районĕнчи Кĕçĕн Кипекре çуралнă, кунтах пурăннă, колхозник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Халип Рахман Абдул Валиев **Тюрэ** — 1882 çулта Патăрьел районĕнчи Шăнкăртамра (Чкаловскинче) çуралнă, Ксил Камышра пурăннă, хресчен. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Михаил Григорьевич **Фролов** — 1882 çулта Пăрачкав районĕнчи Ангипинкăра çуралнă, кунтах пурăннă, колхозри мельник. Ăна 1937 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Идиятулла Хасянович **Хасянов** — 1878 çулта Комсомольски районĕнчи Тутар Шурутĕнче çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

Хаким Хафизович **Хафизов** — 1866 çулта Патăрьел районĕнчи Тутар Сăкăтĕнче çуралнă, кунтах пурăннă, хресчен. Ăна 1931 çулта сăлтавсăр айăпланă;

---

# *Пĕлес тенĕччĕ...*

## Медаль памарĕç

**Манăн ĕç стажĕ хĕрĕх çултан та иртнĕ. Юлашки вăхăтра эпĕ Хĕрлĕ Чутай районĕнчи госстрах инспекцийĕн агенчĕ пулнă, ялан хисеплĕ çынсен шутĕнче тăнă. Анчах мана темшĕн «Ĕç ветеранĕ» медальсĕр хăварчĕç. Тĕрĕс турĕç-ши?**

**Л. ПОЛЯКОВ.**
*Хĕрлĕ Чутай районĕ, Çĕрпӳкасси ялĕ.*

Эсир ĕçчен çын пулнине сирĕн коллективра пурте пĕлеççĕ. Анчах сире эсир канăва тухнă чухне медаль илме тăратманни инспекцие ертсе пыракансем çаврăнăçуллă пулманнинчен килнĕ. Халĕ çав çитменлĕхе пĕтерме палăртнă: инспекци начальникĕ Н. Стафик пĕлтернĕ тăрăх, сире «Ĕç ветеранĕ» медаль парас ыйтăва коллектив пухăвĕнче сӳтсе явнă, райсовет ĕçтăвкомĕн черетлĕ ларăвĕнче пăхса тухма сĕнӳ тăратаççĕ. Ун çинчен редакцие районти социаллă пулăшу пайĕн начальникĕ Г. Михатайкин хыпарларĕ.

## Краççын сутнă

**Юлашки вăхăтра пирĕн Олкаш ялĕнче темшĕн краççын сутма пăрахрĕç. Малтанхи çулсенче Ишлейре лтарласа çавăн пек япаласене сутакан лавкка пурччĕ, ăна та хупса хучĕç. Ун пек лавкка кирлех тесе шутлатăп.**

**И. МЕШКОВ,**
**1-мĕш ушкăнри инвалид.**
*Шупашкар районĕ. Олкаш ялĕ.*

«Чăнах та, Иван Дмитриевич редакцие çыру янă вăхăтра ялта краççын сутман пулнă, — тесе пĕлтерчĕ Ишлей ялповĕн правленийĕ ячĕпе Г. Васильев. — Ку яла ноябрĕн 23-мĕшĕнче краççын пырса сутнă. Çав вăхăтра Мешков çемйи ăна 39 литр туяннă. Ку вĕсен çемйине хĕл каçма ирĕклĕнех çитет».

**Çĕмĕрлери автофургон комбинатĕнче çиччĕмĕш çул ĕçлетĕп. Çăмăл автомобиль илме малтанах черете тăтăм. Анчах черете пăсаççĕ, йĕрке çук. Эпĕ вăрçă инваличĕ, мана ĕç пăрахса тухса каясса кĕтеççĕ-ши?**

**Ф. КУЗЬМИН,**
**вăрçă инваличĕ.**
*Çĕмĕрле хули.*

## Тĕрĕс валеçеççĕ-и?

— Сирĕн ыйтăва халăх депутачĕсен Çĕмĕрле хула Совечĕн ĕçтăвкомĕнче автофургон комбинатĕнчи профсоюз комитечĕпе пĕрле пăхса тухнă, — тесе пĕлтерчĕ хула Совет ĕçтăвкомĕн председателĕ В. М. Садырга. Эсир вăрçа хутшăннă ветерансен льготăллă черетĕнче 1984 çултанпа тăратăр, çавах черет çитеймест. Ку акă мĕнрен килет: автомобиль туянма черетре тăракансем нумай, çулталăкра вара 4 — 5 машина кăна параççĕ.

Сирĕн умра, льготăллă черетре, Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннă çынсемех, анчах ку предприятире 30 çул е унтан та ытларах ĕçлекенсем тăраççĕ. Эсир çиччĕмĕш çул кăна ку комбинатра. Çавăнпа сире автомобиль черетсĕр сутма май килмест, — тесе пĕлтерчĕ В. М. Садырга.

## Кивĕ укçа тупрăмăр

**Пирĕн килте патша вăхăтĕнче кăларнă хут укçасем тупăнчĕç. Вĕсене ăçта памалла тата уншăн хавхалантармаççĕ-и?**

**В. ИГНАТЬЕВ.**
*Хĕрлĕ Чутай районĕ.*

Эсир редакцие ярса панă укçана Чăваш республикин краеведени музейĕнче ĕçлекенсене кăтартса пăхрăмăр. Унта çапла пĕлтерчĕç: XX ĕмĕр пуçламăшĕнче кăларнă хут укçасем музей фондĕнче çителĕклех, çавăнпа вĕсене хальхи вăхăтра халăхран укçа тӳлесе йышăнма шухăшламан.

Çапла сĕнетпĕр: эсир вăл укçана кирек хăш музее те — шкул, колхоз е ытти обществăлла музейсене, çавăн пекех республикăри краеведени музейне парнелеме пултаратăр. Анчах вĕсемшĕн тӳлемеççĕ.

## Футболпа туслă пулсан

**Эпĕ 9-мĕш класра вĕренетĕп. Малтан футболист, унтан тренер пуласшăн. Ку енĕпе ăçта вĕренме пулать?**

**Э. АНДРЕЕВ.**
*Сĕнтĕрвăрри районĕ.*

— Футбол енĕпе тренер пулма ĕмĕтленни аван, — тесе пĕлтерчĕ республикăри физкультурăпа спорт комитетĕнчи кадрсен пайĕн заведующийĕ Р. Алексеева, сирĕн çырупа паллашнă хыççăн. — Хальхи вăхăтра пирĕн футбол енĕпе ĕçлекен квалификациллĕ тренерсем сахалрах. Шел пулин те, ку тĕлĕшпе сире паянхи ыран вĕренме яма та май килмест, мĕншĕн тесен физкультура институчĕсемпе техникумĕсене вунă класс пĕтернисене çеç илеççĕ. Çакăн пек сĕнӳ пур: вăтам шкултан ăнăçлă вĕренсе тухăр, ун чухне сире Чăваш АССР физкультурăпа спорт комитечĕ пĕр-пĕр физкультурăпа спорт институтне вĕренме кĕмешкĕн пулăшма пултарать.

## Чăрмавĕ—çырăнманнинче

**Эпĕ иккĕмĕш арăмпа пурăнатăп. Ун патĕнче пропискӑра тăма май çук — тăванĕсем çырăнтармаççĕ. Çавăнпа та сахăр, супăнь талонĕсем те илейместĕп. Манăн мĕнле майпа арăм патне пропискӑна тăмалла-ши?**

**В. МИХАЙЛОВ.**
*Шупашкар хули.*

Йĕрке тăрăх, Шупашкарта кашни çын валли прописка тума 12 тăваткал метр пурăнмалли вырăн кирлĕ. Сирĕнпе пурăнакан хĕрарăм патĕнче çавăн чухлĕ вырăн пулсан тата çав хваттерте е килте пурăнакан çитĕннĕ çынсем сире унта пурăнма çыру тăрăх ирĕк парсан кăна пропискӑна тăма юрать. Унсăрăн çав хваттерте пурăнма никам та ирĕк пама пултараймасть.

Эсир хăвăр пурăнакан хĕрарăмпа мăшăрланни çинчен çырăннă пулсан, ун патне пропискӑна тăма май пулĕччĕ. Шел, эсир унпа çырăнман. Тĕрлĕ япаласем туянма паракан талонсене эсир хальхи вăхăтра пропискӑра тăракан вырăнта илме пултаратăр.

## Ăшаланă çĕрулми

**Çĕрулмине пурте пĕлетпĕр. Анчах унпа интереслĕрех апат-çимĕç пĕçерме май çук-ши?**

**П. ВАСИЛЬЕВ.**
*Çĕрпӳ хули.*

Чăваш çынни çĕрулмирен нумай тĕрлĕ апат-çимĕç хатĕрлеме пĕлет. Унăн сумне мĕн хушса калама пулать-ха? Пĕр вичеллĕ вĕтĕрех çĕрулми суйласа илĕр. Ăна лайăх çуса тасатнă хыççăн пĕрпĕр савăт çине ярса хуппипех пĕçерĕр. Ун çине кирлĕ чухлĕ тăвар ярăр (унсăрăн ирĕлсе саланма пултарать). Пиçсе çитсен çĕрулми шывне сăрхăнтармалла, кăшт сивĕнсен— хуппине шуратмалла.

Çав çĕрулмине хăçан кирлĕ, çавăн чухне çу янă çатма çине ярса ăшаламалла. Кăштах сухан ярсан аван. Ăшаланă вăхăтра çĕрулми хĕрелсе, вырăн-вырăнпа хуралорах та каять. Тутлă пиçет. Çимĕçе çемье сĕтелĕ çине çеç мар, хăнасем умне кăларса лартма та юрать. Хĕллехи вăхăтра унпа пĕрле тăварланă хăяр, купăста е помидор пулсан аван.

*Материалсене*
*П. БОРИСКИН хатĕрленĕ.*

---

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Румыни çĕнĕ пурнăç тăвать

БУХАРЕСТ, январĕн 10-мĕшĕ (ТАСС). Румыни обществăлла политика тата экономика çĕнĕ çĕнетмелли çул çине тăчĕ. Пĕтĕм халăх экономикăна йĕркелесе çитерессишĕн, социаллă пурнăçпа политикăри хутшăнусене демократи никĕсĕ çине çĕнетессишĕн кĕрешет. Çапла пĕлтернĕ Наци çăлакан фронт совечĕн председателĕ Ион Илиеску Бухарестри дипломати корпусĕпе тĕлпулура. Эпир Румыние пĕтĕм тĕнчешĕн уçă çĕршыв туса хурасшăн. Хăшпĕр государствăсемпе тытакан çыхану... кӳршĕри çĕршывсемпе, Европари государствăсемпе, Румыни дипломати çыхăнăвĕ тытакан мĕнпур çĕршывсемпе нумай енлĕ килĕштересе ĕçлесшĕн. Эпир тĕнче пурнăçне, хĕçпăшалсăрланассишĕн, килĕштерсе ĕçлессишĕн, кооперацишĕн пыракан кĕрешĕве активлă хутшăнасшăн, тенĕ Ион Илиеску.

* * *

Наци çăлакан фронт совечĕ 1990 çулхи январĕн 12-мĕшне Румынин пĕтĕм территорийĕнче наци траурĕн кунĕ туса хурасси çинчен декрет кăлар... асăнса чысламашутлать.

1989 çулхи декабрĕн юлашки кунĕсенче революциллĕ событисен центрĕсем пулса тăнă Тимишоара тата Бухарест хулисене асап тӳснĕ хуласем тесе пĕлтернĕ. Румыни столици центрĕнчи Дворецсен площадĕне малашне Революци площачĕ теме йышăннă. Унта çамрăксем демократипе ирĕклĕх идеалĕсене хӳтĕлесе çапăçнă. Бухарестри Романэ площадĕнче тата Тимишоара центрĕнче революци паттăрĕсене, революци идеалĕсемшĕн çапăçса пуç хунă мĕнпур çынсене асăнса мо...

## СЭВ сессийĕ вĕçленнĕ

СОФИЯ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Софийăри Культурăн халăх дворецĕнче СЭВ сессийĕн юлашки ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта Экономика Пулăшăвĕн Совечĕн членĕнче тăракан çĕршывсен, çавăн пекех Социализмлă Федерациллĕ Югослави Республикин делегацийĕсен пуçлăхĕсем тата СЭВ ĕçне сăнаса тăракан çĕршывсен представителĕсем хутшăннă.

Сесси итогĕсем тăрăх çырса хатĕрленĕ протокол çине алă пуснă тата ___ пĕрле пĕлтерни...

Архип Павлович ...нов — 1890 ҫулта Елчӗк районӗнчи Ҫӗнӗ Эйпеҫре ҫуралнӑ, Елчӗкре пурӑннӑ, районти ҫул-йӗр пайӗнче техникра ӗҫленӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Алексей Прохорович **Бакшеев** — 1895 ҫулта Киров облаҫӗнчи Яранск хулинче ҫуралнӑ, Шупашкарта пурӑннӑ, бухгалтер. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Сергей Дмитриевич **Баскаков** — 1906 ҫулта Улатӑрта ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ. Улатӑр хулинчи коммуналлӑ хуҫалӑхра сад ӑсти пулса ӗҫленӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Андриан Кузьмич **Бардасов** — 1891 ҫулта Шупашкар районӗнчи Етӗрнекассинче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Семен Федорович **Бардасов** — 1879 ҫулта Шупашкар районӗнчи Хураҫырмара ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Григорий Николаевич **БЕЛОВ** — 1879 ҫулта Вӑрмар районӗнчи Арапуҫӗнче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, Вӑрмарти инкубатор станцийӗнче конюхра ӗҫленӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Екатерина Ильинична **БЕЛОВА** — 1879 ҫулта Вӑрмар районӗнчи Кивӗ Шулхантa ҫуралнӑ, Арапуҫӗнче пурӑннӑ, кил хуҫи хӗрарӑмӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Ксения Михайловна **Беловошева** — 1887 ҫулта Куславкка районӗнчи Чашламара ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Гаврил Евгеньевич **Беляев** — 1904 ҫулта Вӑрнар районӗнчи Кӑмпалта ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Тимергали Валеевич **Валеев** — 1875 ҫулта Комсомольски районӗнчи Чӗчкенте ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1932 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Ульяна Васильевна **Васильева** — 1873 ҫулта Куславкка районӗнчи Кунерте ҫуралнӑ, Илепарта пурӑннӑ, Карач чиркӗвӗнче просвир сутакан пулнӑ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

... Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Никита Гурьевич **Гурьев** — 1895 ҫулта Красноармейски районӗнчи Кивӗ Йӗкӗтре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ.

Захар Давыдович **Давыдов** — 1891 ҫулта Элӗк районӗнчи Куракӑшра ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, Чӑваш АССР Халӑх Комиссарӗсен Совечӗн Элӗк районӗнчи уполминзагот учетчикӗнче ӗҫленӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Алексей Данилович **Данилов** — 1881 ҫулта Канаш районӗнчи Вырӑскас Пикшихре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, пӗр вырӑнта ӗҫлемен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Илья Александрович **Дедушкин** — 1894 ҫулта Куславкка районӗнчи Ырашпулӑхӗнче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Иосиф Станиславович **Демидович** — 1902 ҫулта Белорусси ССРӗнчи Узденск районӗнчи Головье ялӗнче ҫуралнӑ, Улатӑрта пурӑннӑ. Улатӑр вӑрман хуҫалӑхӗнчи техник-строитель. Ана 1938 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Федор Клементьевич **Десницкий** — 1869 ҫулта Улатӑрта ҫуралнӑ, Сӗнтӗрвӑрринче пурӑннӑ, кунти священник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Афанасий Димитриевич **Димитриев** — 1890 ҫулта Шӑмӑршӑ районӗнчи Пуянкассинче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, «Заря» колхоз колхозникӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Никандр Димитриевич **Димитриев** — 1888 ҫулта Элӗк районӗнчи Анаткас Сурӑмра ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Ананий Дмитриевич **Дмитриев** — 1890 ҫулта Канаш районӗнчи Анат Сурӑмра ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1932 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Николай Дмитриевич **Дмитриев** — 1877 ҫулта Канаш районӗнчи Анаткас Кипечре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Николай Николаевич **Доб-**

... тавсӑр айӑпланӑ;

Анна Яковлевна **Краснова** — 1896 ҫулта Куславкка районӗнчи Юнсаента ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Иван Кузьмич **Краснов** — 1885 ҫулта Вӑрнар районӗнчи Кӗҫӗн Кипекре ҫуралнӑ, колхоз фермине хуралҫӑ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Дмитрий Иванович Курбатов — 1900 ҫулта Вӑрнар районӗнчи Кӗҫӗн Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Фатых Нигматуллович **Мардиев-Нигематуллин** — 1871 ҫулта Комсомольски районӗнчи Чӗчкенте ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, мулла. Ана 1931 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Иван Федорович **Мешков** — 1881 ҫулта Вӑрнар районӗнчи Кӗҫӗн Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Арсентий Федорович **Мешков-Федоров** — 1886 ҫулта Вӑрнар районӗнчи Кӗҫӗн Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхоз конюхӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Антон Михайлович **Михаев** — 1883 ҫулта Куславкка районӗнчи Чӑршкассинче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Фекла Михайловна **Михайлова** — 1900 ҫулта Канаш районӗнчи Анат Сурӑмра ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1932 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Егор Михайлович **Михайлов** — 1909 ҫулта Канаш районӗнчи Анат Сурӑмра ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1932 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Николай Иванович **Низов** — 1886 ҫулта Пӑрачкав районӗнчи Сыреҫре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, «Красный партизан» колхозри сад ӑсти. Ана 1932 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Никита Сазонович **Орлов** — 1872 ҫулта Хӗрлӗ Чутай районӗнчи Сорӑмра ҫуралнӑ, Канашра пурӑннӑ, сезон вӑхӑтӗнче ӗҫленӗ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Алексей Павлович **Павлов** — 1891 ҫулта Куславкка районӗнчи Калуккасинче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

...ӗнчи Кӗҫӗн Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Халил Рахман Абдул Валиев **Тюрэ** — 1882 ҫулта Патӑрьел районӗнчи Шӑнкӑртамра (Чкаловскинче) ҫуралнӑ, Ксил Камышра пурӑннӑ, хресчен. Ана 1931 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Михаил Григорьевич **Фролов** — 1882 ҫулта Пӑрачкав районӗнчи Антипинкӑра ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозри мельник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Идиятулла Хасянович **Хасянов** — 1878 ҫулта Комсомольски районӗнчи Тутар Шурутӗнче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1931 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Хаким Хафизович **Хафизов** — 1866 ҫулта Патӑрьел районӗнчи Тутар Сӑкӑтӑнче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1931 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Саляфутдин Хусеинович **Хусеинов** — 1877 ҫулта Комсомольски районӗнчи Чӗчкенте ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1932 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Василий Ефимович **Шаланков** — 1916 ҫулта Вӑрнар районӗнчи Кӗҫӗн Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, колхозник. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Иван Семенович **Шитов** — 1872 ҫулта Сӗнтӗрвӑрринче ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Мартын Яковлевич **Яковлев** — 1885 ҫулта Канаш районӗнчи Анаткас Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Архип Яковлевич **Яковлев** — 1880 ҫулта Канаш районӗнчи Анаткас Кипекре ҫуралнӑ, кунтах пурӑннӑ, хресчен. Ана 1937 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ;

Петр Теофилович **Регуш** — 1913 ҫулта Украина ССРӗнчи Тернополь облаҫӗнчи Чортковски районти Калустинцы ялӗнче ҫуралнӑ, хальхи вӑхӑтра Шупашкарта пурӑнать. Ана 1945 ҫулта сӑлтавсӑр айӑпланӑ. Приморье крайӗнчи суд президиумӗ 1989 ҫулхи октябрӗн 17-мӗшӗнче йышӑннӑ решенипе килӗшӳллӗн реабилитациленӗ.

*Республика тулашӗнчи чӑвашсем патӗнче*

# ШУПУҪҪЫННИ УҪНӐ ШКУЛТА

ТУТАР республикинчи Аксу районӗнчи Ҫӗн Аксу ҫыннисемшӗн иртнӗ кунсенче икӗ уяв пулчӗ. Вӗсем ялта шкул уҫалнӑранпа 80 ҫул ҫитнине тата ӑна уҫаканӗ, чӑвашсен паллӑ ҫыравҫи Н. В. Шупуҫҫынни ҫуралнӑранпа 100 ҫул ҫитнине чаплӑн паллӑ турӗҫ. Шкулта тата ялти Культура ҫуртӗнче саванӑҫлӑ ларусем пулса иртрӗҫ.

Николай Васильевич Васильев-Шупуҫҫынни Ҫӗн Аксӑва 1909 ҫулта Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗнчен учитель пулса пынӑ. Вӑл тӑрӑшнипе ялта шкул уҫна. Вӑл вӗрентнӗ ачасем кайран ялти паллӑ ҫынсем пулса тӑнӑ: М. Улидеров, Т. Чентаев, С. Артамонов Совет влаҫне ҫирӗплетессишӗн хастар кӗрешнӗ, И. Мартынов бухгалтер, М. Федоров ял Совечӗн председателӗ, И. Мадюков чи малтанхи колхоз председателӗ пулса ӗҫленӗ, У. Охотников — малтанхи коммунистсенчен пӗри.

Н. В. Шупуҫҫынни Ҫӗн Аксура 1914 ҫулччен, хайне империализм вӑрҫине илсе кайиччен, вӗрентсе пурӑннӑ. Ҫак вӑхӑтра вӑл халӑх сӑмахлӑхне пухас, литература произведенийӗсем хайлас енӗпе сахал мар ӗҫленӗ. Кунта вӑл «Ҫамрӑк кунсем», «Чӗлӗм», «Талӑх», «Шӑпчӑк», «Пирӗн юрӑ», «Пӗтӗлмей» тата ытти произведенисем ҫырнӑ.

Учитель-поэт Ҫӗн Аксуран кайсан та хӑй уҫнӑ шкулпа ҫыхӑну тытма пӑрахман. Яла вӑл 1928 тата 1936 ҫулсенче пырса кайнӑ. Икӗ хутӗнче те поэт ялта литература каҫӗ ирттернӗ, литературӑри пултарулӑхӗпе паллаштарнӑ, сӑввисене вуланӑ.

ҪЕН АКСУ шкулӗпе Н. В. Васильев-Шупуҫҫынни учитель-поэт ҫинчен чаплӑ ларусенче В. Мартынов учитель-краевед, чӑваш чӗлхипе литературине вӗрентекен Н. Мулеев, чӑваш поэчӗ П. Ялгир, шкул директорӗ Н. Сергеева сӑмах каларӗҫ. А. Бурундуков композитор «Малалла утар» юрӑ юрласа пачӗ. Ана Н. Шупуҫҫынни сӑввипе Ф. Павлов композитор кӗвӗленӗ. Чаплӑ ларӑва пынисем Н. Шупуҫҫынни сӑввисене, вӑл юратнӑ чӑваш халӑх юррисене савӑнса итлерӗҫ.

Ҫӗн Аксури чаплӑ ларӑва КПСС райкомӗн секретарӗ Н. Петров, идеологи пайӗн заведующийӗн заместителӗ А. Терентьев, райӗҫтӑвкомӑн культура пайӗн заведующийӗ Ф. Мингалимов хутшӑнчӗҫ.

П. ТИХОНОВ.

«КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТЛЕҪҪӖ

# «Мехколонна нушисем»

Ҫак ятпа пичетленнӗ корреспонденцире («Коммунизм ялавӗ», 1989 ҫулхи октябрӗн 13-мӗшӗ) «Чувашмелиорация» пӗрлешӗвӗн Вӑрнарти мехколонни тивӗҫлӗ материалсемпе механизмсем ҫитеӗксӗр илсе тӑнине тӗрӗс палӑртнӑ. Чӑнах та, пӗлтӗр ҫав подразделение металл прокачӗ, тимӗр-бетон конструкцисем кирлӗ чухлӗ уйӑрса паман. Мӗншӗн тесен ҫав материалсене пӗрлешӳ хӑй те фондпа палӑртнинчен чылай сахалрах илнӗ.

1990 ҫулта мехколонна ӗҫлекен объектсем валли мӗнпур йышши пурлӑх ресурсӗсем ҫителӗклӗ таран тата вӑхӑтра парса тӑма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑннӑ. В. ИВАНОВ, «Чувашмелиорация» пӗрлешӳ начальникӗн ӗҫӗсене туса пыраканӗ.

# УРӐХ ҪӖРШЫВСЕНЧЕ

## Румыни ҫӗнӗ пурнӑҫ тӑвать

БУХАРЕСТ, январӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Румыни обществӑлла политика тата экономика енӗпе ҫӗнетмелли ҫул ҫине тӑчӗ. Пӗтӗм халӑх экономикӑна йӗркелесе ҫитерессишӗн, социаллӑ пурнӑҫпа политикӑри хутшӑнусене демократи никӗсӗ ҫинче ҫӗнетессишӗн кӗрешет. Ҫапла пӗлтернӗ Наци ҫӑлакан фронт совечӗн председателӗ Ион Илиеску Бухарестри дипломати корпусӗпе ирттернӗ тӗлпулура. Эпир Румынине пӗтӗм тӗнчешӗн уҫӑ ҫӗршыв туса хурасшӑн. Хӑшпӗр государствӑсемпе тытакан ҫыхӑнусенче халиччен ялӑххи мӗн пулнӑ, эпир ҫавна пӗтӗмпех пӗтерессшӗн. Эпир тӗнчери мӗнпур ҫӗршывсемпе, чи малтанах кӳршӗри ҫӗршывсемпе, Европӑри государствӑсемпе, Румыни дипломати ҫыхӑнӑвӗ тытакан мӗнпур ҫӗршывсемпе нумай енлӗ килӗштерсе ӗҫлесшӗн. Эпир тӗнче пурнӑҫне, хӗҫпӑшалсӑрланассишӗн, килӗштерсе ӗҫлессишӗн, кооперацишӗн пыракан кӗрешӗве активлӑ хутшӑнасшӑн, тенӗ Ион Илиеску.

• • •

Наци ҫӑлакан фронт совечӗ 1990 ҫулхи январӗн 12-мӗшне Румынин пӗтӗм территорийӗнче наци траурӗн кунӗ туса хурасси ҫинчен декрет кӑларнӑ. Чаушеску режимне хирӗҫ румын халӑхӗн ирӗклӗхӗпе тивӗҫлӗхӗшӗн пынӑ кӗрешӳре пуҫ хунӑ ҫынсене Румыни ҫапла асӑнса чыслама шутлать.

1989 ҫулхи декабрӗн юлашки кунӗсенче революцилле событисен центрӗсем пулса тӑнӑ Тимишоара тата Бухарест хулисене асап тӳснӗ хуласем тесе пӗлтернӗ. Румыни столицин центрӗнчи Дворецсен площадьне малашне Революци площачӗ теме йышӑннӑ. Унта ҫамрӑксем демократипе ирӗклӗх идеалӗсене хӳтӗлесе ҫапӑҫнӑ. Бухарестри Романэ площадӗнче тата Тимишоара центрӗнче революци паттӑрӗсене, революци идеалӗсемшӗн ҫапӑҫса пуҫ хунӑ мӗнпур ҫынсене асӑнса монументсем лартаҫҫӗ. Пулас памятниксен проекчӗсене халӑхпа сӳтсе явма тата конкурс ирттерсе суйласа илме йышӑннӑ.

## СЭВ сессийӗ вӗҫленнӗ

СОФИЯ, январӗн 10-мӗшӗ (ТАСС). Паян Софийӑри Культурӑн халӑх дворецӗнче СЭВ сессийӗн юлашки ларӑвӗ пулса иртнӗ. Унта Экономика Пулӑшӑвӗн Совечӗн членӗнче тӑракан ҫӗршывсен, ҫавӑн пекех Социализмлӑ Федерациллӗ Югослави Республикин делегацийӗсен пуҫлӑхӗсем тата СЭВ ӗҫне сӑнаса тӑракан ҫӗршывсен представителӗсем хутшӑннӑ.

Сесси итогӗсем тӑрӑх ҫырса хатӗрленӗ протокол ҫине алӑ пуснӑ тата __ пӗрле пӗлтерни йышӑннӑ.

СЭВ сессийӗн ҫитес ларӑвне Будапештра ирттерме йышӑннӑ.

СЭВ сессийӗн 45-мӗш ларӑвӗнче юлашкинчен Болгари правительствин пуҫлӑхӗ Г. Атанасов сӑмах каланӑ.

Венгри Министрсен совечӗн председателӗ М. Немет ответлӑ сӑмах каланӑ.

Экономика Пулӑшӑвӗн Совечӗн сессийӗн 45-мӗш ларӑвӗ вӗҫленнӗ ятпа Болгари руководстви унта хутшӑннисен ячӗпе йышӑну ирттернӗ. Туслӑ ларутӑрура иртнӗ йышӑнура СЭВ членӗнче тӑракан ҫӗршывсен делегацийӗсем, ҫав шутра Н. И. Рыжков ертсе пыракан Совет делегацийӗ пулнӑ.

## БТА агентстви пӗлтерни

СОФИЯ, январӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Парламентӑн закон йӗркине пӑснисене тӗпчекен комиссийӗ хайӗн пӗррремӗш ларӑвӗнче Болгарири коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Генеральнӑй секретарӗ, Болгари Халӑх Республикин Государство совечӗн Председателӗ пулнӑ Тодор Живковпа унӑн ҫемйин пуянлӑхӗ пирки ыйту пӑхса тухнӑ. Комисси ларӑвне экспертсем хутшӑннӑ. Болгари руководителӗ пулнӑ Живков хайӗн нумай ӗҫӗсене пичетлесе кӑларса государство укҫине ҫав тери нумай пӗтернӗ, гонорар нумай илнӗ. Т. Живковӑн урӑх ҫӗршывсен банкӗсенче укҫа сахал мар пулни ҫинчен пӗлеҫҫӗ. Комисси Болгари Халӑх Республикин тулашри суту-илӳ банкӗ тата ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерстви ҫак ыйтӑва тӗпчени результачӗсемпе паллашнӑ.



## Ҫыхӑнусем аталанаҫҫӗ

МАДРИД, январӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗвелтухӑҫ Европӑри ҫӗршывсенчи политикӑллӑ улшӑнусем Хӗвеланӑҫпе Хӗвелтухӑҫ хушшинчи суту-илӳпе экономика ҫыхӑнӑвӗсене аталантарма лайӑх майсем туса параҫҫӗ. Ҫакна палӑртнӑ Испанин социализмлӑ сакӑр ҫӗршыври посолӗсен дипломати канашлӑвне хутшӑннисем. Канашлура Хӗвеланӑҫ Европӑри рынокӗсене Испани предпринимателӗсем хутшӑнассине анлӑрах сарассипе ҫыхӑннӑ ыйтусем тӗлӗшпе пӗр-пӗрин шухӑшӗпе паллашнӑ.

Канашлура Испанин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Франсиско Фернандес Ордоньес тухса каланӑ. Хӗвелтухӑҫ Европӑри ҫӗршывсем экономика тата суту-илӳ тӗлӗшпе Испанин ҫӗнӗ чиккине уҫаҫҫӗ, тенӗ вӑл. Министр Испанири предпринимательсене «васкавлӑрах пулма» чӗнсе каланӑ. Социализмлӑ ҫӗршывсемпе суту-илӳпе экономика ҫыхӑнӑвӗ тытмалли майсемпе усӑ курса юлма тӑрӑшмалла, тенӗ вӑл.

## Хӑрушлӑхран сыхланма

НЬЮ-ЙОРК, январӗн 9-мӗшӗ (ТАСС). Ҫак вунӑҫуллӑх варринчен пуҫласа «Форд мотор» корпораци туса кӑларакан автомобильсем ҫине хӑрушлӑхран сыхланма «сывлӑш миххисем» вырнаҫтарма пуҫлаҫҫӗ. Ҫакӑн ҫинчен компанин директорсен совечӗн председателӗн заместителӗ Гарольд Полинг пӗлтернӗ. Автомобиль тепӗр машинӑпа ҫапӑнас пулсан, «сывлӑш миххисем» самантрах карӑнаҫҫӗ те водителе тата малта ларса пыракан пассажира инкекрен хӳтӗлеҫҫӗ.

## Американецсен шухӑшӗ улшӑннӑ

НЬЮ-ЙОРК. Американецсем юлашки вӑхӑтра Совет Союзне ытларах шанма пуҫланӑ. Ҫакна Американӑри «Мэдиа дженерал» тӗпчев службипе Ассошиэйтед пресс информаци агентствипе пӗрле общественность шухӑшне ыйтса пӗлнин результачӗсем ҫирӗплетсе параҫҫӗ.

Ыйтса пӗлни кӑтартса панӑ тӑрӑх, американецсенчен ытларахӑшӗ ССР Союзӗ тӗнчере пуҫпулса тӑрасшӑн, тенине ӗненмест.

Американецсен кӑмӑлне Совет Союзӗн руководителӗ М. С. Горбачев улӑштарнӑ. Хӑйсен шухӑшӗсене пӗлтернӗ американецсен 41 процентӗ каланӑ тӑрӑх, США президенчӗпе Джордж Бушпа танлаштарсан М. С. Горбачев Хӗвелтухӑҫпе Хӗвеланӑҫ хушшинчи ҫыхӑнусенчи йывӑрлӑхсене пӗтересшӗн чылай ытларах вӑй хурать. (ТАСС).

КУБА. Гаванӑн авалхи пайӗ ҫулсерен улшӑнса пырать. Кунта ЮНЕСКО этемлӗх пуянлӑхӗ тесе пӗлтернӗ районти вуншар ҫурта реставрацилеҫҫӗ, юсаҫҫӗ. Ҫак ҫуртсенчен хӑшӗ-пӗрисене ҫӗршер ҫул каялла туса лартнӑ. Хулан авалхи пайӗ ҫӗнелсе пынӑ май, унӑн урамӗсенче Гавана историйӗпе паллашма килнӗ туристсемпе ытти хула ҫыннисене ытларах та ытларах курма пулать.

Ӳкерчӗк ҫинче: Гаванӑн пӗр кӗтесӗ.

О. Середа фотоӳкерчӗкӗ. (ТАСС).

● *Истори страницисене уçсан*

# МАЛТАНХИ УТĂМСЕМ

1919 çулхи декабрĕн 26-мĕшĕнче В. И. Ленин РСФСРта пурăнакан халăх хушшинче хутпĕлменлĕхе пĕтересси çинчен калакан декрет çине алă пуснă.

«Республикăра пурăнакансене çĕршывăн политика пурнăçне ăнланса хутшăнма майсем уçса парас тĕллевпе, — тенĕ декретра. — Халăх Комиссарĕсен Совечĕ çапла йышăнна:

1) Вулама е çырма пĕлмен республика халăхĕ, 8 çултан пуçласа 50 çула çитнĕ çынсем, тăван чĕлхепе е вырăс чĕлхипе, суйласа илнĕ тăрăх, хут вĕренмелле».

1919 çулта çĕршыв питĕ пысăк йывăрлăхсем тÿснĕ: граждан вăрçи, ишĕлнĕ халăх хуçалăхĕ, выçлăх. Апла пулин те, Совет влаçĕ хутла вĕренекенсем валли кĕскетнĕ ĕç кунĕ туса панă, ĕç укçине туллин сыхласа хăварнă. Ку ĕçе профсоюзсем, вырăнти партячейкăсем, комсомол организацийĕсемпе ытти организацисем хутшăнма кирлине палăртнă декрет. Хутла вĕрентесси массăллă юхăм пулса тăнă.

Чăваш çĕрĕнче Октябрьти революциччен халăхăн 18 проценчĕ çеç вулама, çырма пĕлнĕ. Хĕрарăмсем хушшинче хутла пĕлекенсем питĕ сахал пулнă.

Чăваш автономине тăвиччен хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе уессенчи халăха вĕрентес ĕç пайĕсем ĕçленĕ. 1920 çулхи январь-февраль уйăхĕсенчех Шупашкар, Çĕрпÿ, Етĕрне уесĕсенче хут пĕлекенсемпе пĕлменнисене шута илме пуçланă, ликпунктсем уçнă.

Чăваш автономиллĕ облаçне туса хурсан, Ленин декретне пурнăçа кĕртме майсем ытларах уçăлнă. 1920 çулхи ноябрĕн 20-мĕшĕнче облаçра хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе ĕçлекен чрезвычайлă комисси йĕркеленĕ. Уессемпе вулăссенче те çакнашкал комиссисем ĕçleme пуçланă. Вăл çулсенче «Хутла пĕлекен, ыттисене хутла вĕрент» лозунг чĕнняпе учительсем, коммунистсемпе комсомолецсем хутпĕлменлĕхпе кĕрешме тухнă. Декрет тăрăх, хутла пĕлекенсенчен кашнинех хутпĕлменлĕхе пĕтерме хутшăнмалла пулнă. Анчах вĕсенчен чылайăшĕ пуçламăш шкул çеç пĕтернĕ. Çавăнпа вĕсене учитель пулма кăштах та пулин хăнăхтарас тĕллевпе уеçсемпе вулăс центрĕсенче кĕске вăхăтлăх курссем уçнă. Шкулсем сахал пулнăран, ялти çынсене килĕсенче вĕрентме тивнĕ. Партăсем, хут, учебниксем, вут-шанкăпа краççын çителĕксĕр пулнă.

Ытти йывăрлăхсем те тухатуха тăнă. Хресчене вĕренни лайăх пулнине ĕнентерме çăмăл пулман. Шкула каяс мар текенсем тĕрлĕ сăлтав шыранă. Çĕршывра «Хутпĕлменлĕхе пĕтерер!» общество ĕçлеме пуçласан, парта хушшине ларакан рабочисемпе хресченсен йышĕ ÿссе пынă. 1920—1924 çулсенче ликпунктсенчен 42 пине яхăн çын вĕренсе тухнă. Ку вăхăта чăвашла букварьсем те пичетленсе тухнă. Халăх хушшинче уйрăмах Е. А. Тимофеева хатĕрленĕ «Çулпуçĕ» букварьпе Н. И. Ванерккен «Хресчен букварĕ» хисепре пулнă. 1925—1926 çулсенче ликпунктсем хĕрарăмсем хушшинче хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçленĕ. Октябрьти революци 10 çул тултарнă тĕле республикăра кашни çынна хутла вĕрентме тĕллев лартнă пулнă. Вăл пурнăçланман. Республикăра хутпĕлменлĕхе Аслă Отечественнăй вăрçă хыççăнхи çулсенче çеç пĕтĕмпех пĕтерме май килнĕ.

Хаçатра пичетлеме сĕнекен архив докуменчĕсем пирĕн республикăри хутпĕлменлĕхе пĕтерес ĕçĕн пирвайхи утăмĕсем çинчен каласа параççĕ. Ситмĕл çула яхăн каялла çырнă вĕссене. Апла пулин те, унти шухăшсем паянхи кунăн та кирлине туйса илетĕн документсемпе паллашсан. Чăн та, паян аслисем хушшинче хутпĕлменлĕх сук, пурте çырма-вулама пĕлетпĕр. Анчах чун-чĕре пуянлăхĕпе, пĕр-пĕрин хушшинчи хутшăнусен тараватлăхĕпе вара мухтанма пултараймастпăр. Чун-чĕрипе илемсĕр çын хут пĕлменнинчен нимĕнпе те лайăх мар.

---

● 1920 çулхи февралĕн 17-мĕшĕ. Етĕрне уесĕнчи Советсен съезчĕ хутпĕлменлĕхпе кĕрешесси çинчен йышăннă постановленирен: «Халĕ контрреволюцие путлантарнă. Республика умĕнче пысăк задача — çĕршывăн пурнăçне йĕркелесе ярасси. Пĕтĕм вăя аваннă хуçалăха çĕкленĕ, халăх тĕттĕмлĕхне пĕтернĕ çĕре ямалла. Ку енĕпе тунă пĕрремĕш утăм — хутпĕлменлĕхе пĕтересси çинчен калакан декрет йышăнни. Ăна пурнăçа кĕртме уес халăхĕн пĕтĕм майсемпе усă курмалла: хут пĕлмен çынсене вĕрентме кашни ялта пĕрер çурт уйăрмалла; кашни гражданин вулама-çырма вĕренни хутла пĕлменнисене мĕн тума кирлине ăнлантарма тивĕç; хутпĕлменлĕхе пĕтерес ĕçре уесри культурăн пĕтĕм вăйĕпе те усă курмалла».

● 1920 çул. Çĕрпÿ уесĕнче хутпĕлменлĕхе пĕтересси мĕнле пыни çинчен калакан отчетран:

«Хут пĕлменнисене шута илнинчен çакă курăнчĕ: хутла пĕлменнисем пĕтĕмпе 54.480. Хăш наци çыннисем пулнипе илсен: чăвашсем —45.380, тутарсем — 3.900, вырăссем — 3.000, Христос тĕнне йышăннă тутарсем — 2.200.

Хутла пĕлменнисене вĕрентекенсем хатĕрлеме кашни шкул çумĕнче тенĕ пекех курссем йĕркеленĕ, вĕсенче пин çын ытла вĕреннĕ. Виçĕ эрнелĕх курссем пулнă вĕсем...

Уесра пĕтĕмпе хутпĕлменлĕхе пĕтерес енĕпе 905 ушкăн ĕçленĕ. Ĕç пуçласа ăна малтанлăха нимĕн те пулман. Апрельте çеç райпродкомран хутла кăранташ кăшт тупма май килнĕ. Учебниксем те çитмен. Хутпĕлменлĕхе пĕтерекенсем ку условисенче мĕнле ĕçленĕ, ăнланма йывăр, анчах та факт — вĕсем вĕрентнĕ çынсем чиперех вулаççĕ, çыраççĕ, хăшпĕр шкулсенче питĕ лайăх шутлаççĕ. Паллах, тĕрлĕ майпа ĕçлеме тивнĕ: кăмрăкпа та çырнă, класс доскине пĕр-пĕр лавккан кивĕ вывескинчен те ăсталаса майлаштарнă е тата тимĕр тазсем çине çырнă».

• • •

● 1920 çулхи ноябрĕн 28-мĕшĕ. Кăрмăш ...

«Юлташсем! Ялти тĕттĕм пурнăç çине çаврăнса пăхăр-ха. ...Хресчен хăйне кашни утăмра улталанине, ял çыннине ним вырăнне хуманнине курать. Çавăнпа хăйне çутта кăларас тĕлĕшпе тăвакан çĕнĕлĕхсене шанмасăртарах кĕтсе илнинчен нимĕн тĕлĕнмелли те çук. Чылайччен, тÿсĕмлĕн ĕнентерме тăрăшмалла ăна, вĕрентмелле. Вара тин вăл тăна кĕрсе пирĕн çине хăйĕн ĕнси çинче ларакан чиновник çине пăхнă пек пăхма пăрахать.

Хресчене кĕнекепе интереслентерсе ямалла, эрех ĕçсе ларакан ушкăнтан туртса кăларса кĕнекен илемне, уссине кăтартмалла.

Атьăр-ха, ыйхăран вăранса, ял нушисене чĕре патне илер, тĕттĕм çынна çутта кăларар».

• • •

● 1920 çул. Чăваш автономи облаçĕнче хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе ĕçлемелли планран:

«II. Хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕллевпе уçнă шкулсенче çынсене вулама, çырма, шутлама вĕрентнипе пĕрле эрнере 3 сехет политика енĕпе пĕлÿ памалла».

● 1920 çулхи ноябрĕн 20-мĕшĕ. Чăваш автономи облаçĕн облĕçтăвкомĕ хутпĕлменлĕхе пĕтерес тата облаçри халăха вĕрентес ĕç пайĕ çумĕнче чрезвычайлă комисси туса хурасси çинчен йышăннă постановленирен:

«1. Хутпĕлменлĕхе пĕтерес ĕçе чарса пыракан учрежденисен руководителĕсене тата ытти çынсене чрезвычайлă комиссин суд урлă айăплама ирĕк пур.

2. Снабжени ыйтăвĕсемпе чрезвычайлă комиссин, ытти мĕнпур учрежденисемпе танлаштарсан, прави пысăкрах.

3. Хутпĕлменлĕхе пĕтерме кăçалхи декабрĕн 1-мĕшĕнчен кая юлмасăр пуçламалла.

4. Чи малтан 14—25 çулхисене хут вĕрентме пуçламалла, иккĕмĕш çурхи сессире — 25—39 çулхисене.

Шута илме тивĕçлĕ сăлтавсăр никама та хутла вĕренессинчен хăтарма юрамасть».





● *Çамрăксене—патриотла воспитани*

# Интернационалист-воинсене асăнса

Хĕллехи каникулăн хĕвеллĕ, сивех мар кунĕ таратчĕ пулин те, Çĕрпÿ районĕнчи Первомайскинчи вăтам шкула кăнтăрла тĕлне аслă классенче вĕренекенсемпе учительсем, çавăн пекех таврари ялсенчи çамрăксем йышлăн килчĕç. Район центрĕнчен хăнасем те пур. Вĕсем пурте иккĕмĕш хутри ĕçпе çар залне пухăнчĕç.

10-мĕш класс руководительници А. К. Губанова интернационалист-воинсене халаллана «Пире вăхат суйласа илчĕ» тĕлпулăва уçни çинчен пĕлтерет, хăнасемпе паллаштарать. Вĕсем хушшинче — районти çарĕç комиссарĕ А. Г. Каватасва майор.

— Пирĕн районтан Афганистанра тăхăр çул хушшинче 148 каччă пулнă, — терĕ вăл сисĕнмеллех хумханса. — Вĕсенчен кашниех интернационалла тивĕçе чыслăн пурнăçланă. Халĕ те эпĕ «афганецсен» ячĕсене ырăпа çеç асăн... деп (вилнĕ хыççăн) илме тивĕçлĕ пулнă. Халĕ вара вĕсен ячĕпе Мускавран килнĕ наградăсене амăшĕсем илчĕç.

— Манăн ывăлсем пурте пĕчĕкренех ĕçе юратса ÿсрĕç, шкулта лайăх вĕренетчĕç, хуть хăçан та иккĕскер лекнĕ çынсене пулăшма хатĕр пулнă, — аса илме пуçларĕ хăйĕн ачисем çинчен вăтăр çул ытла пуçламăш классен учительницинче ĕçленĕ Мария Сергеевна Фомина. — Николай, ачаран ĕмĕтленнĕ пекех, 1978 çулта сывлăш-çар десантникĕсен шкулне лекрĕ. Унта вăл кĕске вăхăтрах кĕçĕн сержант, отделени командирĕ, иккĕмĕш класлă специалист, бокс енĕпе спорт мастерĕн кандидачĕ пулса тăнă. Прапорщиксен шкулне чаплă паллăсемпе вĕренсе пĕтерсен, вăл тÿрех хăйне тăвана Афганистана яма ыйтса рапорт çырнă...

Çамăл мар амăшне, çавăн пекех упăшкине — Аслă Отечественнăй вăрçă нива...

Тĕлпулура Владимир Никитинпа Сергей Николаев интернационалист-воинсем те сăмах илчĕç. Афганистанри пĕлтермен вăрçă çинчен тĕпленĕрех каласа пачĕç.

— Эпир курнă çĕршывра вилнĕ тусене нихçан та манма пултараймастпăр. Ĕç вăхтинче те эпир хамăршăн кăна мар, вĕсемшĕн те ĕçлетпĕр. Эсир те, ачасем, интернационалист-воинсен ятне çÿлте тытăр, çамрăклах пиртен уйрăлса кайнисен ашшĕ-амăшне, çавăн пекех ĕçпе вăрçă ветеранĕсене ытларах хисеплĕр, кирлĕ пулсан, шефа илĕр, — терĕç вĕсем.

Çак тĕлпулура аслă классенче вĕренекенсем хăйсем те пысăк активлăх кăтартрĕç, паттăрла вилнĕ интернационалист-воинсен пурнăçĕпе паллаштарчĕç, патриотла юрăсем юрларĕç, сăвăсем вуларĕç, хăнасене чĕрĕ гвоздикăсем пачĕç.

— Эпир пурте Тăван çĕршыва юратса ÿсетпĕр, Совет ...

лине ăнлантарма тивĕç; хутпĕлменлĕхе пĕтерес ĕçре уесри культурăн пĕтĕм вăйăпе те усă курмалла».

● 1920 çул. Çĕрпӳ уесĕнче хутпĕлменлĕхе пĕтерессин мĕнле пыни çинчен калакан опытран:

«Хут пĕлменнисене шута илнинчен çакă курăнчĕ: хутла пĕлменнисем пĕтĕмпе 54.480. Хăш наци çыннисем пулнипе илсен: чăвашсем —45.380, тутарсем — 3.900, вырăссем — 3.000, Христос тĕнне йышăннă тутарсем — 2.200.

Хутла пĕлменнисене вĕрентекенсем хатĕрлеме кашни шкул çумĕнче тенĕ пекех курссем йĕркеленĕ. вĕсенче пин çын ытла вĕренсем нĕ. Виçĕ эрнелĕх курссем пулнă вĕсем...

Уесра пĕтĕмпе хутпĕлменлĕхе пĕтерес енĕпе 905 ушкăн ĕçленĕ. Ĕç пуçласа яма малтанлăха нимĕн те пулман. Апрельте çеç райпродкомран хутла кăранташ кăшт тупма май килнĕ. Учебниксем те çитмен. Хутпĕлменлĕхе пĕтерекенсем ку условисенче мĕнле ĕçленĕ, ăнланма йывăр, анчах та факт — вĕсем вĕрентнĕ çынсем чиперех вулаççĕ, çыраççĕ, хăшпĕрне шкулсенче питĕ лайăх шутлаççĕ. Паллах, тĕрлĕ майпа ĕçleme тивнĕ: кăмрăкпа та сыпнă, класс доскине пĕр-пĕр лавккан кивĕ вывескинчен те ăсталаса майлаштарнă е тата тимĕр тазсем çине çырнă».

• • •

● 1920 çулхи ноябрĕн 28-мĕшĕ. Карачури II сыпăклă шкулта ĕçлекен З. С. Сергеев Шупашкар уесĕнчи çутĕç работникĕсене чĕнсе каланинчен:

чĕре патне илер, тĕттĕм çынна çутта калараар».

• • •

● 1920 çул. Чăваш автономи облаçĕнче хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе ĕçлемелли планран:

«II. Хутпĕлменлĕхе пĕтерес тĕллевпе уçнă шкулсенче çынсене вулама, çырма, шутлама вĕрентнипе пĕрле эрнере 3 сехет политика енĕпе пĕлӳ памалла».

● 1920 çулхи ноябрĕн 20-мĕшĕ. Чăваш автономи облаçĕн облĕçтăвкомĕ хутпĕлменлĕхе пĕтерес тата облаçри халăха вĕрентес ĕç пайĕ çумĕнче чрезвычайлă комисси туса хурасси çинчен йышăннă постановленирен:

«1. Хутпĕлменлĕхе пĕтерес ĕçе чарса пыракан учрежденисен руководителĕсене тата ытти çынсене чрезвычайлă комиссин суд урлă айăплама ирĕк пур.

2. Снабжени ыйтăвĕсемпе чрезвычайлă комиссин, ытти мĕнпур учрежденисемпе танлаштарсан, прави пысăкрах.

3. Хутпĕлменлĕхе пĕтерме кăçалхи декабрĕн 1-мĕшĕнчен кая юлмасăр пуçламалла.

4. Чи малтан 14—25 çулхисене хут вĕрентме пуçламалла, иккĕмĕш çурхи сессире — 25—39 çулхисене.

Шута илме тивĕçлĕ сăлтавсăр никама та хутла вĕренессинчен хăтарма юрамасть».

**В. ПИТЕРНОВА** пухса хатĕрленĕ.

Ӳкерчĕк çинче: Вăтăрмĕш çулсенчи хутла вĕренекенсем.



Хĕллехи каникулăн хĕвеллĕ, сивех мар кунĕ таратчĕ пулин те, Çĕрпӳ районĕнчи Первомайскинчи вăтам шкула кăнтăрла тĕлне аслă классенче вĕренекенсемпе учительсем, çавăн пекех таврари ялсенчи çамрăксем йышлăн килчĕç. Район центрĕнчен хăнасем те пур. Вĕсем пурте иккĕмĕш хутри ĕçпе çар залне пухăнчĕç.

10-мĕш класс руководительници А. К. Губанова интернационалист-воинсене халаллăнă «Пире вăхăт суйласа илчĕ» тĕлпулăва уçни çинчен пĕлтерет, хăнасемпе паллаштарать. Вĕсем хушшинче — районти çарĕç комиссарĕ А. Г. Кавтасев майор.

— Пирĕн районтан Афганистанра тăхăр çул хушшинче 148 каччă пулнă, — терĕ вăл сисĕнмеллех хумханса. — Вĕсенчен кашниех интернационалла тивĕçе чыслăн пурнăçланă. Халĕ те эпĕ «афганецсен» ячĕсене ырăпа çеç асăннă пулăттăм, вĕсем халăх хуçалăхне малалла çĕкленĕ çĕрте те, вĕренӳре те ырă тĕслĕх кăтартаççĕ.

Унтан çарĕç комиссарĕ интернационалист-воинсен ушкăнне СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Грамотине, «Воину - интернационалисту» знак пачĕ. Çак награ тăсене илнисем хушшинче çавăн пекех — Шуртавăш ялĕнчи М. С. Фоминапа Туçири А. И. Спиридонова пенсионеркăсем. Вĕсен ывăлĕсем, Николай Фомин прапорщикпа Сергей Спиридонов рядовойсем, çар операцийĕсенче паттăрлăх кăтартса пуçне хунă. Хĕрлĕ Çăлтăр орден (вилнĕ хыççăн) илме тивĕçлĕ пулнă. Халĕ вăра вĕсен ячĕпе Мускавран килнĕ наградăсене амăшĕсем илчĕç.

— Манăн ывăлсем пурте пĕчĕкренех ĕçе юратса ӳсрĕç, шкулта лайăх вĕренетчĕç, хуть хăçан та инкеке лекнĕ çынсене пулăшма хатĕр пулнă, — аса илме пуçларĕ хăйĕн ачисем çинчен вăтăр çул ытла пуçламăш классен учительницинче ĕçленĕ Мария Сергеевна Фомина. — Николай, ачаран ĕмĕтленнĕ пекех, 1978 çулта сывлăш-çар десантникĕсен шкулне лекнĕ. Унта вăл кĕçĕн вăхăтрах кĕçĕн сержант, отделени командирĕ, иккĕмĕш класлă специалист, бокс енĕпе спорт мастерĕн кандидачĕ пулса тăнă. Прапорщиксен шкулне чаплă паллăсемпе вĕренсе пĕтерсен, вăл тӳрех хăйне тăванла Афганистана яма ыйтса рапорт çырнă...

Çăмăл мар амăшне, çавăн пекех упăшкине — Аслă Отечественнăй вăрçă инвалидне Яков Фомич Фомина ачасем умĕнче сăмах каламашкăн.

Агафия Ивановна Спиридонова та хăйĕн пĕртен-пĕр ывăлĕ çинчен кăштах каласа парасшăнччĕ, анчах та, инхçан сӳнмен вут çумĕнче Сергей портретне асăрхасанах, унăн чунĕнче темскер капланса килчĕ пулмалла, вара вăл пĕр сăмах та калама пултараймарĕ. Çапла, питĕ те çăмăл марçке мирлĕ самана ра, йĕри-таврара пурнăç вĕресе тăнă вăхăтра ĕмĕрлĕхе сивĕ çĕре кĕнĕ çапçамрăк каччă-салтаксене аса илмешкĕн.

Тĕлпулура Владимир Никитинпа Сергей Николаев интернационалист-воинсем те сăмах илчĕç. Афганистанри пĕлтермен вăрçă çинчен тĕплĕнрех каласа пачĕç.

— Эпир кӳршĕ çĕршывра вилнĕ тусcене нихçан та манма пултараймастпăр. Ĕç вăхтиче те эпир хамăрăн кăна мар, вĕсемшĕн те ĕçлетпĕр. Эсир те, ачасем, интернационалист-воинсен ятне çӳлте тытăр, çамрăклах пиртен уйрăлса кайнисен, ашшĕ-амăшне, çавăн пекех ĕçре вăрçă ветеранĕсене ытларах хисеплĕр, кирлĕ пулсан, шефа илĕр, — терĕç вĕсем.

Çак тĕлпулура аслă классенче вĕренекенсем хăйсем те пысăк активлăх кăтартрĕç. Пăттăрла вилнĕ интернационалист-воинсен пурнăçĕпе паллаштарчĕç, патриотла юрăсем юрларĕç, сăвăсем вуларĕç. хăнасене чĕрĕ гвоздикăсем пачĕç.

— Эпир пурте Тăван çĕршыва юратса ӳсетпĕр, Совет Çарне кайма та хатĕрленетпĕр. Çавăнпа та, шкулта пĕлӳ илнисĕр пуçне, çарпа спорт вăййисене, тĕрлĕ ăмăртусене хутшăнатпăр, — терĕç комсомолецсемпе пионерсем.

**П. СИДОРОВ.**

**⊙ «Пире вăхăт суйласа илчĕ» тĕлпулура: Афганистанра интернационалла тивĕçе пурнăçласа пуçне хунă воинсен амăшĕсем — М. С. Фомина (сылтăмри ӳкерчĕк) тата А. И. Спиридонова Первомайскинчи вăтам шкулта вĕренекенсемпе пĕрле.**

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕсем.

# Хоккей хыпарĕсем

Республикăри хоккей чемпионачĕн пĕрремĕш ушкăнĕнче ăмăртакан командăсем черетлĕ турнир вăййисене ирттернĕ. Чемпионат лидерĕсем виççĕшĕ те çĕнтерӳсем тунă. «Трактор» Çĕрпӳри «Пламя» командăран 7:0 тата 12:1 шутпа, «Энергия» Çĕнĕ Шупашкарта «Соколтан» 8:4 тата 5:4 шутпа, «Прогресс» хăйĕн площадкинче Çĕмĕрлери «Звездăран» 7:2 шутпа выляса илнĕ. «Волга» та майĕпенех турнир таблицинче çӳлелле çĕкленет. Вăл Канашра унти «Локомотива» икĕ хутчен çĕнтернĕ (5:4 тата 4:2).

• • •

Чемпионатăн иккĕмĕш ушкăнĕнче ăмăртакан коллективсем виççĕмĕш турти вăйăсене вылянă. Елчĕкри «Химик» тата Октябрьскинчи «Аниш», малтанхи икĕ турта пĕр очко та çухатман командăсем, ку хутĕнче те çĕнтерӳсем тунă: елчĕксем Тутаркассинчи «Урожайран» — 7:4, «Аниш» Кӳкеçри «Автомобилистран» 6:3 шутпа выляса илнĕ. Çак вăйăсем хыççăн лидерсен ултă очко. Сосновкăри «Факел» пĕрремĕш çĕнтерӳ тунă — Муркаш районĕнче унти «Юнга» командăна 10:0 шутпа парăнтарнă.

**А. ПАВЛОВ.**

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

«ЮНАШАРАХ ТЕЛЕЙ ÇУРЕТ»
Икĕ пайлă пьеса
Спектакль 21 сехетре вĕçленет.

6 (ытларикун) — Л. Толстой
«ÇЫН КУÇÇУЛĔ ÇĔРЕ ӲКМЕСТ»
Виçĕ пайлă пьеса
Спектакль 22 сехет те 10 минутра вĕçленет.

7 (юнкун) — В. Ржанов
«ЯЛ КУЛЛИ»
Икĕ пайлă сатирăллă комеди
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

8 (кĕçнерникун) — В. Туркай
«КАÇАР МАНА» премьера
Икĕ пайлă драма
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

9 (эрнекун) — М. Горький
«ХЕВЕЛСĔР»
Виçĕ пайлă пьеса
Спектакль 22 сехет те 10 минутра вĕçленет

10 (шăматкун) — А. Артемьев
«САЛАМПИ»
А. Артемьев повеçĕ тăрăх В. Яковлев çырнă икĕ пайлă пьеса
Спектакль 22 сехетре вĕçленет.

11 (вырсарникун, кăнтăрла) — Н. Айзман
«КАЙ, КАЙ ИВАНА»
Икĕ пайлă комеди
Спектакль 14 сехет те 30 минутра вĕçленет.

(каçхине) — А. Чебанов
«ПРАСКИ ИНКЕ ХЕР ПАРАТЬ»
Икĕ пайлă музыкăллă комеди
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет

13 (ытларикун) — А. Заридзе
«ВУНСАККАРТА ЧУХ...»
Икĕ пайлă драма
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

Театрăн аслă режиссерĕ — РСФСР халăх артисчĕ В. Яковлев.
Спектакльсем кăнтăрла 12 сехетре, каçхине 19 сехетре пуçланаççĕ.
Касса кашни кунах 13 сехетрен пуçласа 19 сехетчен ĕçлет.
Ыйтса пĕлмелли телефонсем: 22-46-16, 22-54-95.
Билетсене январĕн 16-мĕшĕнче сутма тытăнаççĕ.
Тунтикун — канмалли кун.
Ырă сунса кĕтетпĕр!



## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать, тăман вĕçтерет. Çил çурçĕртен 7—12 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури 15—20, кăнтăр районсенче 10—15 градус сивĕ пулать. Çитес талăксенче татах сивĕтет.

Ĕнер уйăх тулнă. Паян кун тăршшĕ 7 сехет те 27 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЭРНЕКУН, ЯНВАРĔН 12-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА
6.30 — 120 минут.
8.35 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай серилле илемлĕ телефильм. 2-мĕш фильм. 5 сери.
9.45 — 16 тултарманнисем тата унран аслараххисем.
10.30 — «Лицом к стране». Государство ыйтăвĕсене татса парас ĕçре уйрăм çын мĕнле вырăн йышăнни.
11.30 — Фестивальсем, конкурссем, концертсем.
12.30 — Вăхăт.
15.30 — Документлă фильм.
15.55 — «Ретро». Аслăрах çынсем валли передача.
16.55 — «Размышления о Чайковском». Çул çитмен çамрăксем валли.
18.25 — Коллаж.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Власа — Советсене. «Ашхабад — Мускав — Минск» телекĕпер.
19.50 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай серилле илемлĕ телефильм. Иккĕмĕш фильм. 5 сери.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — Телеочерк.
21.45 — «Это было... было...»
22.00 — Çамрăксен программи.
23.45 — ТСН.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА
8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Наукăллă - популярлă фильм.
8.35, 9.35 — Вĕренӳ передачисем.
8.55, 9.55 — Киножурнал.
9.05, 10.05 — 11.05, 11.35 — Вĕренӳ передачисем.
11.05 — Килти академи.
12.05 — «Иван Грозный». Илемлĕ фильм. 2 сери.
13.25 — Концерт.
13.55 — «Голубой лев». Илемле телефильм.
17.00 — Мультфильмсем.
17.30 — «И осилит идущий». Аренда подрячĕ çинчен.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — «Хуткупăс сасси». Передачăна Çĕнĕ Шупашкарта хатĕрленĕ (Шуп.).
20.00 — Ырă каç пултăр, ачасем!
20.15 — Республика кунĕ (Шуп.).
20.25 — «Хуткупăс сасси». Малалли (Шуп.).
20.50 — Республика кунĕ (Шуп.).
21.00 — «Корни и крона». Документлă телефильм (Шуп.).
21.30 — «Старый новый год». Илемлĕ телефильм. 1 тата 2 серисем.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 12-мĕшĕнче «Вунсаккарта чух...» драма. январĕн 13-мĕшĕнче «Пушар лаши» трагикомеди.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 16-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма.

ЧĂВАШ ÇАМРĂКĔСЕН ТЕАТРĔ — январĕн 12-мĕшĕнче «Аслă ывăл» комеди премьери, январĕн 14, 15-мĕшĕсенче «Сурçĕр хыççăнхи апатлану» драма премьери.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 12-мĕшĕнче «Лебединое озеро» балет. январĕн 13-мĕшĕнче «Приключения Колобка» юмах, каçхине «Похищение из сераля» опера.

Каçхи спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 19.00; «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 13.00, 15.00, 17.00. Кĕрен зал: «Полет навигатора» — 9.00, 12.40, 16.20, 18.20; сборник мультфильмов — 14.30; «Деревенька моя центральная» — 10.50, 21.00. Кинозал: «Метичара — зверь морской» — 14.00, 15.45; «С течением времени» — 17.30, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Враг мой» — 8.50; «Однажды в Америке» — 10.30, 14.30, 18.30.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Жикина династия» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Три толстяка» — 10.00, 14.00; «Брак с выходными днями» — 12.00, 18.00; «Наваждение» — 16.00, 20.30. Пĕчĕк зал: «Виктор Астафьев». «Нет мне ответа» — 9.00; «Наваждение» — 11.00; «Интердевочка» — 17.00, 20.00.

«МИР» — «Ну, погоди!» — 9.00, 10.30, 12.00; «Солдат Иван Бровкин» — 14.00; «Полет навигатора» — 16.00, 18.30; «Проводник» — 20.30.

«СОКОЛ» — «Медведь и заяц» — 9.30; «Полет навигатора» — 11.00, 13.00; «Сюрприз Афродиты» — 15.00, 17.00, 19.15.

«ЛУЧ» — «Возвращение к свободе» — 13.00; «Любовный недуг» — 15.00, 17.30, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Кулаки во тьме» — 14.00, 16.00, 18.00, 20.00.

ЧЭАЗ КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «За околицей дракон» — 14.30; «Я в полном порядке» — 16.15, 18.15, 20.00.

«САЛЮТ» КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Хон Гиль Дон» — 18.00, 20.00.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13 ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретар нат — 25-03-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Çĕмĕрле); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне кунлен тухать.

НТ 34026. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 160.